ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Март 29 ВЫРСАРНИКУН № 65 (8974)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.



## Совет стройĕн вăйĕ

Паян «Правда» хаçатра СССР Верховнăй Совет Президиумĕ амнисти çинчен кăларнă Указ пичетленет. Çакă вăл государство ĕçĕнчи пысăк пĕлтерĕшлĕ, политика тĕлĕшĕнчен пысăк вырăн йышăнса тăракан документ. Вăл совет стройĕн пурнăçлă аслă вăйĕ çинчен, пирĕн социализмла государство влаçĕ малалла тĕреклене пыни çинчен калать.

«Советлă общество тата государство стройĕ тĕреклениине, халăх пурнăçĕпе культурăллă шайĕ çĕкленнине, граждансен ăнланулăхĕ ÿснине тата вĕсем хăйсен обществăллă тивĕçне пурнăçласси çине тÿрĕ кăмăлпа пăхнине пула,—тенĕ Указра,—законлăх тата социализмла правалăх йĕрки тĕрекленчĕç, çавăн пекех çĕршывра преступлени тăвасси чылай чакрĕ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ çапла шутлать: çакăн пек условисенче государствăшăн пысăк хăрушлăх пулса тăман преступлени тунă çынсене тата, хăйсем ĕç çине тÿрĕ кăмăлпа пăхса, тÿрĕ кăмăлпа ĕçлесе пурăнма тепĕр хут тытăнма пултарнине тата обществăн усăллă членĕсем пулма пултарнине кăтартнă çынсене хупса лартмалли вырăнсенче малашне те тытса усрани кирлĕ мар».

Граждансен ăнланулăхĕ ÿсни, вĕсем хăйсен обществăллă тивĕçне пурнăçласси çине тÿрĕ кăмăлпа пăхни пуринчен ытларах миллионшар совет çыннисем, обществăн чи пысăк ытларахăшĕ социализмла государство законĕсене таса тытса пынинче, хăйсен мĕнпур вăйĕсене пирĕн аслă Тăван çĕршывăн хăватне малалла тĕреклетес ĕçе панинче яр-уççăн курăнса тăрать. Совет çыннисем коммунизм тăвассишĕн хăйсен ĕçĕсемпе вăйĕсене шеллемесĕр кĕрешеççĕ. Вĕсем ĕç çине чыслăхпа мухтав ĕçĕ, хастарлăхпа паттăрлăх ĕçĕ вырăнне хурса пăхаççĕ. Строительствăн коммунизмла мĕслечĕ пулса тăнă социализмла ăмăрту чăннипех пĕтĕм халăх ĕçĕ пулса тăчĕ. Пурнăçпа ĕçлевĕн мĕнпур участокĕсенче çÿлте тăракан техника никĕсĕ çинче социализмла производствăна вĕçĕмсĕр ÿстерсе тата лайăхлатса пырассишĕн ĕççыннисем творчествăллă пуçарулăха пĕрмай ÿстерсе кĕрешеççĕ. Партипе правительство совет çыннисен патриотла ĕçĕсене пысăка хурса хаклаççĕ тата пур майсемпе те хавхалантарса пыраççĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче кăна рабочисене, колхозниксене, ученăйсене, инженерсемпе техниксене, служащисене, врачсене, учительсене тата ытти работниксене пурĕ 1 миллион та 346 çынна СССР орденĕсемпе медалĕсем парса наградăланă.

Совет çыннисен материальнăй пурнăçĕ вĕçĕмсĕр ÿссе, вĕсен йăла условийĕсем лайăхланса, вĕсен культурăллă шайĕ ÿссе пырать. Ĕççыннисен ялан ÿссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене ытларах тивĕçтерессишĕн тăрăшасси Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин мĕнпур ĕçĕнче тĕп вырăнта тăракан аслă закон пулса тăрать. Пирĕн çĕршывра çынна çын эксплуатацилессине пĕтернĕ, ĕççĕрлĕхе—ĕçпе пурăнакан çынсемшĕн пысăк хăрушлăха—пĕтернĕ. Социализмла система миллионшар массăсен творчествине чечеклентерсе аталантарма май парать.

Çаксем пурте вĕсем пирĕн çĕршывра преступленисене чылай чакарма, хăй вăхăтĕнче государство умĕнче, общество умĕнче преступлени тунă граждансене тÿрĕлĕхлĕ ĕçе, обществăшăн усăллă ĕçе тепĕр хут хутшăнтарма май параççĕ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ амнисти çинчен кăларнă Указ тăрăх пилĕк çуллăх срок таран суд тунă çынсене хупса лартмалли вырăнсенчен кăлараççĕ тата хупса лартассипе çыхăнса тăман ытти наказанисенчен хăтараççĕ. Должноçлă, хуçалăхлă преступленисемшĕн, çавăн пекех тата çар преступленийĕсемшĕн — РСФСР Уголовнăй Кодексĕн 193-мĕш статьин чылай параграфĕсем тата союзлă ытти республикăсен уголовнăй кодексĕн тивĕçлĕ статьисем тăрăх айăпламалли преступленисемшĕн, мĕн чухлĕ срока наказани панине пăхмасăр, хупса лартмалли вырăнсенчен ирĕке кăлараççĕ. Пĕчĕк ачаллă хĕрарăмсене, йывăрçын хĕрарăмсене, 18 çула çитмен çамрăксене, 55 çултан иртнĕ арçынсене, 50 çултан иртнĕ хĕрарăмсене, çавăн пекех тата сыватма çук йывăр чирпе чирлекен çынсене, вĕсене мĕн чухлĕ срока наказани панине пăхмасăр, ирĕке кăлараççĕ. Пилĕк çултан ытларах срока хупса лартмалла тунă çынсене панă наказани срокне çурри чухлĕ чакараççĕ. Халиччен судпа айăпланнă, наказани срокне ларса ирттернĕ е çак Указ тăрăх наказанирен срокчен хăтăлнă çынсене судпа айăпланнă тесе шутлассинчен тата суйлав прависĕр хăварнинчен хăтараççĕ.

Контрреволюциллĕ преступленисемшĕн, социализмла харпăрлăха нумайăн çаратнăшăн, бандитизмшăн тата юри вĕлернĕшĕн пилĕк çуллăх срокран ытларах суд тунă çынсене амнисти пулмасть.

Указра Совет çĕршывĕн Уголовнăй законодательствине çĕнĕрен пăхса тухма, должноçлă, хуçалăхлă, йăла тата ытти хăрушах мар хăшпĕр преступленисемшĕн уголовнăй йĕркепе ответ тыттармалла тăвас вырăнне административлă тата дисциплинарнăй йĕркепе ответ тыттарма, çавăн пекех тата хăшпĕр преступленисемшĕн уголовнăй йĕркепе ответ тыттарассине чакарма кирли çинчен калакан пункт уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Çак пункт вăл пирĕн государствăн тĕп функцийĕ—хуçалăхла-организаторла тата культурăлла-воспитанилле ĕçĕн функцийĕ малалла аталанни çинчен калать. Çакă вăл парти, профсоюз, комсомол тата ытти обществăлла организацисене массăсене воспитани парас тĕлĕшпе хăйсен ĕçĕсене пур майсемпе те вăйлатма, çынсен ăс-тăнĕсене капитализм юлашкисенчен, тĕшмĕшлĕхсемпе кивĕ обществăн сиенлĕ хăнăхăвĕсенчен тасатса пырас тĕлĕшпе ывăнма пĕлмесĕр çине тăрса ĕçлеме хушать. Парти организацийĕсем хăйсен пĕтĕм воспитаниллĕ ĕçĕпе малашне те массăсене общество умĕнчи пысăк тивĕçлĕх çинчен ăнлантарса памалла, ĕççыннисене совет патриочĕсем пулма, государство интересĕсемшĕн тăрăшма воспитани парса вĕрентмелле, государствăпа ĕç дисциплинине пур майсемпе те тĕреклетмелле, совет законĕсене хисеплеме вĕрентмелле.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указне совет халăхĕ хăйĕн хăватлă социализмла государствишĕн, никам çĕнтерейми советлă обществăпа государство стройĕшĕн патриотла мăнкăмăллă пулса йышăнса илĕ. Вăл массăсене хамăрăн аслă Тăван çĕршывăн ырлăхĕшĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме хавхалантарĕ.

**(«ПРАВДА», мартăн 28-мĕшĕнчи умстатья).**

*СССР Верховнăй Совет Президиумĕн*

*УКАЗĔ*

## Амнисти çинчен

Советлă общество тата государство стройĕ тĕреклениине, халăх пурнăçĕпе культурăллă шайĕ çĕкленнине, граждансен ăнланулăхĕ ÿснине тата вĕсем хăйсен обществăллă тивĕçне пурнăçласси çине тÿрĕ кăмăлпа пăхнине пула законлăх тата социализмла правалăх йĕрки тĕрекленчĕç, çавăн пекех çĕршывра преступлени тăвасси чылай чакрĕ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ çапла шутлать: çакăн пек условисенче государствăшăн пысăк хăрушлăх пулса тăман преступлени тунă çынсене тата, хăйсем ĕç çине тÿрĕ кăмăлпа пăхса, тÿрĕ кăмăлпа ĕçлесе пурăнма тепĕр хут тытăнма пултарнине кăтартнă çынсене хупса лартмалли вырăнсенче малашне те тытса усрани кирлĕ мар.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ **çапла йышăнать:**

1. 5 çуллăх срок таран суд тунă çынсене хупса лартмалли вырăнсенчен кăларас тата хупса лартассипе çыхăнса тăман ытти наказанисенчен хăтарас.

2. Должноçлă тата хуçалăхлă преступленисемшĕн, çавăн пекех тата çар преступленийĕсемшĕн—РСФСР Уголовнăй Кодексĕн 193—4 п. «а», 193—7, 193—8, 193—10, 193—10 «а», 193—14, 193—15, 193—16 тата 193—17 п. «а» статьисем тăрăх тата союзлă республикăсен уголовнăй кодексĕсен тивĕçлĕ статьисем тăрăх айăпламалли преступленисемшĕн суд туса айăпланă çынсене, мĕн чухлĕ срока наказани панине пăхмасăр, хупса лартмалли вырăнсенчен кăларас.

3. Судпа айăпланă вунă çула çитмен ачаллă хĕрарăмсене тата йывăр çын пулнă хĕрарăмсене; 18 çула çитмен çамрăксене; 55 çултан иртнĕ арçынсене тата 50 çултан иртнĕ хĕрарăмсене, çавăн пекех тата сыватма çук йывăр чирпе чирленĕ судпа айăпланă çынсене, мĕн чухлĕ срока наказани панине пăхмасăр, хупса лартмалли вырăнсенчен кăларас.

4. 5 çултан ытларах срока хупса лартмалла тунă çынсене панă наказани срокне çурри чухлĕ чакарас.

5. Çак Указа кăлариччен çакнашкал преступлени тунă ĕçсем тăрăх следстви тума пуçланă ĕçсене тата судсем пăхса тухман ĕçсене чарса лартас:

а) закон тăрăх 5 çуллăх срока хупса лартмалли ĕçсене е хупса лартмалли вырăнсенче тытса усрассипе çыхăнса тăман ытти йĕркепе наказани памалли ĕçсене;

б) çак Указăн 2-мĕш статьинче асăннă должноçлă, хуçалăхлă тата çар преступленисем пирки пуçарнă ĕçсене;

в) çак Указăн 3-мĕш статьинче кăтартнă преступленисене тунă çынсен ĕçĕсене.

Çак Указа кăлариччен тунă преступленисем пирки пуçарнă ытти ĕçсем тăрăх, вĕсемшĕн законра 5 çуллăх срокран ытларах вăхăта хупса лартма пăхса хунă пулсан, суд 5 çуллăхран ытла мар хупса лартма кирлĕ тесе шутлать пулсан, айăпланакан çынна наказанирен хăтарать, суд 5 çуллăх срокран ытларах вăхăта хупса лартмалли мера йышăнма кирлĕ тесе шутлать пулсан, наказани срокне çурри чухлĕ чакарать.

6. Халиччен судпа айăпланнă, наказани срокне ларса ирттернĕ е çак Указ тăрăх наказанирен срокчен хăтарнă граждансене судпа айăпланнă тесе шутлассинчен тата суйлав прависĕр хăварнинчен хăтарас.

7. Контрреволюциллĕ преступленисемшĕн, социализмла харпăрлăха нумайăн çаратнăшăн, бандитизмшăн тата юри вĕлернĕшĕн 5 çуллăх срокран ытлараха суд тунă çынсене амнисти памалла мар.

8. Должноçлă, хуçалăхлă, йăла тата хăрушах мар хăшпĕр преступленисемшĕн уголовнăй йĕркепе ответ тыттарас вырăнне административлă тата дисциплинарнăй йĕркепе ответ тыттарма, çавăн пекех тата хăшпĕр преступленисемшĕн уголовнăй йĕркепе ответ тыттарассине чакарма кирлине шута илсе, ССР Союзĕн тата союзлă республикăсен уголовнăй законодательствисене çĕнĕрен пăхса тухни кирлĕ, тесе шутлас.

СССР Юстици министерствине пĕр уйăх хушшинче тивĕçлĕ сĕнÿсем туса хатĕрлеме тата вĕсене СССР Верховнăй Совечĕн Президиумне тăратмашкăн ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнче пăхса тухма пама хушас.

**СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.**

**СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.**

Мускав, Кремль. 1953 çулхи мартăн 27-мĕшĕ.

## А. М. Горький çуралнăранпа 85 çул çитнĕ май



И. В. Сталинпа А. М. Горький

(ТАСС фотохроники).

## Аслă писателе пĕтĕм çĕршыв хисеплет

Вырăссен аслă писателĕ, совет литературин никĕсне хывнă А. М. Горький çуралнăранпа 85 çул çитнине пĕтĕм çĕршыв паллă тăвать.

Мартăн 27-мĕшĕнче Ленинградри А. М. Горький ячĕпе тăракан культура дворецĕнче аслă писателе асăнса вечер иртернĕ. Актерсен çуртĕнче Киров ячĕпе тăракан заводри рабочисен вечерĕ пулнă. Çавăн пекех писательсен çуртĕнче тата искусство работникĕсен çуртĕнче те А. М. Горькие асăнса вечерсем иртернĕ.

Мартăн 26-мĕшĕнче Вильнюс хулинче А. М. Горький ячĕпе Литвари совет писателĕсен Союзĕн ларăвĕ пулнă. Аслă писателе асăнса иртернĕ ларăва Литва ССР Наукăсен академийĕн наукăллă сотрудникĕсем тата республикăри илемлĕ литература издательствин работникĕсем те хутшăннă.

Совет Союзĕнчи тăванла республикăсенче А. М. Горький кĕнекисене пысăк тиражпа пичетлесе кăлараççĕ. Украина ССР-ĕнчи кĕнеке палати шута илнĕ тăрăх, Украинăра совет влаçĕ çулĕсенче А. М. Горький произведенийĕсене 259 хут, пĕтĕмпе 5.213 пин экземпляр пичетлесе кăларнă, вăл шутра Украина чĕлхипе 162 хут, пĕтĕмпе 3.921 пин экземпляр пичетлесе тухнă.

«Ача чухне», «Çынсем хушшинче», «Манăн университетсем», «Амăшĕ», «Фома Гордеев», «Хĕр тата вилĕм» ятлă произведенисене тата ыттисене те таджик чĕлхи çине куçарса пысăк тиражпа пичетлесе кăларнă. А. М. Горькин 25 произведенине таджик чĕлхи çине куçарнă, пĕтĕмпе 150 пин экземпляра яхăн пичетлесе кăларнă.

## А. М. Горький çуралнăранпа 85 çул çитнĕ ятпа ирттернĕ вечер

Мартăн 27-мĕшĕнче Союзсен çурчĕн Колоннăллă залĕнче Мускаври профсоюз активĕн вечерĕ пулнă. Вечера Алексей Максимович Горький çуралнăранпа 85 çул çитнĕ ятпа иртернĕ.

Социализмла реализм литературин никĕсне хывнă, генилле художник пурнăçĕпе творчестви çинчен СССР Наукăсен Академийĕн член-корреспонденчĕ А. М. Еголин доклад тунă.

Концерта Мускаври театрсен артисчĕсем хутшăннă. Вĕсем Алексей Максимовичăн юратнă юррисене—Атăл çинчен хунă юрăсене юрласа панă тата А. М. Горький çырнă «Амăшĕ», «Челкаш», «Хĕр тата вилĕм» произведенийĕсен сыпăкĕсене вуланă тата «Тĕпĕнче», «Васса Железнова», «Старик» спектакльсенчи сценăсене выляса кăтартнă. (ТАСС).

## Май уявĕ умĕнхи ăмăрту

ЛЕНИНГРАД. Хулари пир-авăр тĕртекен тата çĕвĕ çĕлекен предприятисенче ĕçлекенсем Майăн 1-мĕшне тивĕçлипе кĕтсе илессишĕн ăмăртаççĕ. «Рабочий», «Возрождение», «Большевичка» тата ытти фабрикăсенче те производство планне иртерсе тултарассишĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешÿ сарăлнă.

Ĕнер «Веретено» фабрика коллективĕ пĕрремĕш кварталти плана тултарнă, апрель шучĕпе ĕçлеме тытăннă. Володарский ячĕпе тăракан çĕвĕ фабрикинчи работницăсем производствăра пысăк ăнăçу тунă. Çак предприятие питĕ паха продукци туса кăларакан предприяти ятне панă. Ĕнер çĕвĕçсем планран иртерсе 100 ытла тумтир çĕленĕ. Çĕнĕ çултанпа фабрика планран иртерсе 5.000 ытла тумтир çĕленĕ.

ДЕРБЕНТ (Дагестан АССР-ĕ). Дербентри пăравус деповĕнче Май уявĕ умĕнхи ăмăрту сарăлнă. Çитес праçнике депо коллективĕ ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илет. Пăравус бригадисем пурте йывăр тиенĕ составсем илсе çÿреççĕ, топливо чылай перекетлеççĕ. Артамонов, Потапенко, Есипов, Курбанов тата ытти машинистсем кашни хутрах нормăран иртерсе 300—400 тонна груз турттарса каяççĕ. Вĕсем топливо 10 процентран кая мар перекетлеççĕ.

Март уйăхĕнче пăравус бригадисем йывăр тиенĕ çĕршер состав ăсатнă. 20 кун хушшинче перекетленĕ топливăпа 110 поезд ăсатнă.

Мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС).

## Çĕршыв уй-хирĕсенче

ХЕРСОН. Облаçри нумай колхозсем уй-хир ĕçĕсене ăнăçлă туса пыраççĕ. Цюрупинск, Геническ, Голая пристань, Каланчак тата Чаплинка районĕсенчи колхозсем кĕр тыррисен калчисене çÿрелес тата ир акакан тĕштырăсем акас ĕçе 2—2,5 кун хушшинче туса пĕтернĕ.

ТИХОРЕЦК (Краснодар крайĕ). Ĕнер Тихорецкинчи тĕштырă совхозĕ 2.000 гектар çине çурхи тулă, урпа тата сĕлĕ акса пĕтернĕ. Çак культурăсене пĕтĕмпех хĕреслĕ майпа тата ансăр ретпе акса хăварнă. Тĕштырă совхозĕ нумай çул тата пĕр çул ÿсекен курăксем акма тытăннă.

КАЛИНИНГРАД. Ĕнер Гурьевски, Багратионовски, Ладушкински районĕсенчи, облаçри тата ытти районсенчи колхозсем, пĕлтĕрхинчен 15 кун малтан, çуртыррисем акма тытăннă.

Мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС).

## Кварталти плана тултарнă

ÇĔМĔРЛЕ, мартăн 27-мĕшĕ. (Телеграфпа). Экстракт тăвакан «Большевик» завод коллективĕ, 1953 çулхи производство планне срокчен тата иртерсе тултарассишĕн ăмăртса ĕçлесе, чылай çитĕнÿсем турĕ. Завод продукци туса кăлармалли март уйăхĕнчи тата пĕрремĕш кварталти плана çирĕплетнĕ пур ассортиментсем енĕпе те мартăн 26-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ.

**Завод директорĕ ЛУЗИН.**

**Партбюро секретарĕ ФИЛИН.**

**Завком председателĕ БАРАНОВ.**

* * *

Сосновкăри хăма çуракан завод (директорĕ Кошелев юлташ) пĕрремĕш кварталти тата март уйăхĕнчи производство планне срокчен тултарнă. Тăван çĕршыва планран иртерсе хăма, пĕрене тата ытти йывăç материалсем 100 пин тенкĕлĕх панă.

Шупашкарти вăрман промысла артелĕ (председателĕ Смелов юлташ) пĕрремĕш кварталти плана 115 процент тултарнă. Май уявĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, артель членĕсем май уйăхĕнчи плана майăн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма социализмлă обязательство йышăннă.

## Кашни предприятин сад пулатъ

АШХАБАД, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Кашни предприятин сад пулмалла!—çакăн пек задача лартнă Туркменири нумай предприятисен коллективĕсем. Ашхабадри çип арлакан тата пир-авăр тĕртекен фабрикăн, Мары хулинчи çĕр мамăкĕ тасатакан заводăн, Чарджоу хулинчи виткă хатĕрлекен фабрикăн тата искусственнăй майпа çемçе тир тăвакан фабрикăн садсемпе парксем пур.

Чарджоу хулинчи пурçăн фабрикин садĕнче хальхи вăхăтра абрикос, слива, вишни, виноград йывăççисем лартаççĕ. Предприятири рабочисем малтанхи гектар çине пĕлтĕр йывăççем лартса хăварнă. Вĕсем çамрăк йывăççене лайăх пăхса ÿстереççĕ, сада пысăклатса пыраççĕ. Йывăççем лартса ÿстернĕ лаптăка 5 гектара çитерме йышăннă.

Сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра Чарджоу—Ургенч чугун çулĕ çинче поездсем çÿреме тытăннă. Халĕ çак çул çинчи станцисенче йывăççем лартса ÿстереççĕ. Кăçалхи çул Ашхабад чугун çулĕ çинче станцисем патĕнче 90 гектар çине çĕнĕ садсем лартса ÿстереççĕ.

## А. М. Горький пурăннă хуласенче

ГОРЬКИЙ, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Атăл хĕрринчи авалхи хулара—А. М. Горький ятне панă хулара пурăнакансем хăйсен аслă землякне чĕрере тытса усраççĕ.

Хулари ĕççыннисем вырăссен аслă писателĕ çуралнăранпа 85 çул çитнине анлăн паллă тăваççĕ. Предприятисемпе учрежденисенче А. М. Горький çинчен каласусем иртереççĕ. Клубсемпе хĕрлĕ кĕтессенче аслă писатель пурнăçĕпе тата ĕçĕсемпе паллаштаракан выставкăсем, монтажсем, кĕнеке витринисем тунă.

Сталин ячĕпе тăракан культура дворецĕнче А. М. Горькие хисеплесе утренник иртернĕ. Кунта Сормоври шкулсенче вĕренекен 800 ача юратнă писатель пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен доклад итленĕ. А. М. Горький произведенийĕсенчи сыпăксене вуласа панă тата Атăл çинчен хывнă юрăсене юрласа панă, çав юрăсене А. М. Горький чĕререн юратнă.

Хулара аслă писателе асăнмалли памятниксем нумай. Краеведсем тата культурăпа çутĕç учрежденийĕсен работникĕсем халĕ А. М. Горький пурăннă вырăнсене кайса курмалли экскурсисем иртереççĕ, çав экскурсисене çынсем çĕршерĕн хутшăнаççĕ.

КУЙБЫШЕВ, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Атăл хĕрринчен инçе мар, Степан Разин урамĕнче, пĕр çурт çинче: «Кунта 1895 çулта М. Горький пурăннă», тесе çырнă хăма пур. Çак çуртра А. М. Горький ячĕпе тăракан литература музейĕ вырнаçнă. Хальхи кунсенче литература музейне ĕççыннисен экскурсийĕсем нумай килсе кураççĕ. Курма пыракансем вырăссен аслă писателĕ Самарта ĕçлесе пурăннипе вырăнти хаçатра литература ĕçне туса пынипе паллашаççĕ.

А. М. Горький çуралнăранпа 85 çул çитнĕ май музей куçса çÿрекен выставкăсем организациленĕ.

Облаçри библиотекăра пысăк выставка уçăлнă. Выставкăн пĕрремĕш пайĕ «Ĕççыннисен аслă çулпуçĕсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин Горький çинчен» ятлă.

Горький ячĕпе тăракан драма театрĕ А. М. Горькин «Хĕвел ачисем» ятлă пьесине кăтартать. Клубсенче А. М. Горький ячĕпе спектакльсемпе вечерсем иртереççĕ.

## И. СТАЛИН

# ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем

## *Александр Ильич Ноткин юлташа панă ответ*

(Малалли. Пуçламăшĕ «Коммунизм ялавĕн» 63-мĕш тата 64-мĕш номерĕсенче).

### ВИÇÇЕМĔШ ПУНКТ ТĂРĂХ.

Сирĕн шухăшсенчен çакă тухса тăрать: пирĕн национализациленĕ предприятисем туса кăларакан производство хатĕрĕсене, чи малтан производство орудийĕсене, Эсир тавар тесе шутлатăр.

Пирĕн социализмла стройра производство хатĕрĕсене тавар тесе шутлама юрать-и? Ман шутпа, ниеппе те юрамасть.

Тавар вăл производствăн кирек кама та сутма тунă продукчĕ пулса тăрать, кунсăр пуçне, çав тавар сутнă хыççăн тавар хуçин харпăрлăхĕ пулма пăрахать, тавара илекенни вара тавар хуçи пулса тăрать, вăл ăна урăх çынна сутма та, саклата хывма та, çĕртсе яма та пултарать. Производство хатĕрĕсем пирки çавăн пек калама пулать-и? Паллах, калама пулмасть. Пĕрремĕшĕнчен, производство хатĕрĕсене кирек кама та «сутмаççĕ», вĕсене колхозсене те «сутмаççĕ», вĕсене государство хăйĕн предприятийĕсене валеçсе кăна парать. Иккĕмĕшĕнчен, производство хатĕрĕсен хуçи — государство вĕсене пĕр-пĕр предприятие панă чухне производство хатĕрĕсем хăйĕн харпăрлăхĕ пулмалли правăна нимĕн чухлĕ те çухатмасть, пачах урăхла, çав правăна пĕтĕмĕшпех хăй аллинче хăварать. Виççĕмĕшĕнчен, предприятисен директорĕсем, государствăран производство хатĕрĕсем илнĕ хыççăн, çав харпăрлăхăн хуçисем пулса тăмаççĕ çеç мар, пачах урăхла, вĕсене производство хатĕрĕсемпе государство кăтартса панă плансем тăрăх усă курма совет государствин уполномоченнăйĕсем туса çирĕплетеççĕ.

Курăнать ĕнтĕ, пирĕн стройра производство хатĕрĕсене таварсен шутне кĕртме ниепле те юрамасть.

Апла пулсан, мĕншĕн-ха производство хатĕрĕсен хаклăхĕ çинчен, вĕсен хăйне ларакан хаклăхĕ çинчен, вĕсен хакĕ тата ытти çинчен те калаççĕ?

Икĕ сăлтав пирки калаççĕ.

Пĕрремĕшĕнчен, ку вăл калькуляци тума, расчётсем тума, предприятисем тупăш е убыток панине палăртма, предприятисене тĕрĕслесе тата контроль туса тăма кирлĕ. Анчах ку вăл ĕçĕн формальнăй енĕ çеç.

Иккĕмĕшĕнчен, ку вăл тулашри суту-илӳ интересĕсене асра тытса ытти государствăсене производство хатĕрĕсем сутас ĕçе туса пыма кирлĕ. Кунта, тулашри суту-илӳре, анчах **тулашри суту-илӳре çеç**, пирĕн производство хатĕрĕсем чăннипех те таварсем пулса тăраççĕ тата вĕсене чăннипех те сутаççĕ (кавычкăсăр).

Çапла ĕнтĕ, пирĕн предприятисем туса кăларакан производство хатĕрĕсем тулашри суту-илӳ çавраншĕнче таварсен паллисене чăннипех те, формальнă та сыхласа хăвараççĕ, çĕршыври шалти экономика çаврăнăшĕнче вара производство хатĕрĕсем таварсен паллисене çухатаççĕ, таварсем пулма пăрахаççĕ тата хаклăх законĕ вăйра тăракан анлăшран тухаççĕ, çиелтен çеç таварсем пек курăнаççĕ (калькуляци тата ытти те).

Çак хăйне евĕрлĕ уйрăмлăха мĕнле ăнлантарса памалла-ха?

Ĕç акă мĕнре: пирĕн социализмла условисенче экономика переворотсем пулнипе мар, майĕпен улшăнусем пулнипе аталанса пырать, çакăн чухне кивви ахаль кăна пăрахăça тухмасть, вăл хăйĕн ăшчиккине çĕнни майлă улăштарать, хăйĕн формине çеç сыхласа хăварать; çĕнни вара кивви ахаль кăна пĕтерсе хумасть, кивви ăшне кĕрсе пырать, унăн формине çĕмĕрмесĕр, унпа çĕннине аталантарма усă курса, киввин ăшчиккине, унăн функцийĕсене улăштарать. Пирĕн экономика çаврăнăшĕнче таварсем тĕлĕшпе çеç мар, укçа тĕлĕшпе те, çавнашкалах банксем тĕлĕшпе те ĕç çавăн пекех тăрать, вĕсем, хăйсен кивĕ функцийĕсене çухатса тата çĕнĕ функцисем йышăнса, хăйсен кивĕ формине сыхласа хăвараççĕ, çав формăпа вара социализмла строй усă курать.

Ĕç çине формальнă пăхсан, явленисен çиел енче пулса пыракан процессене çеç илсе пăхсан, пирĕн экономикăра капитализм категорийĕсем хăйсен вăйне çухатмаççĕ тесе тĕрĕс мар вывод тума пулать. Ĕç мĕнле тăнине марксистла анализ туса, экономикăлла процесăн содержанийĕпе форми хушшинчи уйрăмлăха, аталанăвăн тĕпри процесĕсемпе çиелти явленийĕсем хушшинчи уйрăмлăха тĕплĕн шута илсе пăхсан, вара çакăн пек пĕртен-пĕр тĕрĕс вывод тума пулать: капитализмăн кивĕ категорийĕсенчен пирĕн патра пуринчен ытла форма, тулашри сăн-сăпачĕ сыхланса юлнă, чăннипе вара çав категорисем пирĕн патра социализмла халăх хуçалăхĕн аталанăвне кирлĕ май тĕпренех улшăннă.

### ТАВАТТĂМĔШ ПУНКТ ТĂРĂХ

Эсир çапла калатăр: ялхуçалăхĕнче туса кăларакан тата хатĕрлев хакĕсемпе государствăна паракан «производство хатĕрĕсен» хакĕсене хаклăх законĕ йĕркелесе тăрать, тетĕр. Çакăн чухне Эсир чĕртавар пулса тăракан «производство хатĕрĕсене», сăмахран, çĕр мамăкне асра тытатăр. Эсир кун çумне çавăн пекех йĕтĕне, çăма тата ытти ялхуçалăх чĕртаварне те хушса хума пултарнă пулăттăр.

Чи малтан акă мĕне палăртни кирлĕ: çакăн пек чухне ялхуçалăхĕ «производство хатĕрĕсем» мар, производство хатĕрĕсенчен пĕрне—чĕртавар туса кăларать. «Производство хатĕрĕсем» тенĕ сăмахсемпе вылляма юрамасть. Производство хатĕрĕсем туса кăларасси çинчен каланă чухне марксистсем пуринчен малтан производство орудийĕсем туса кăларассине асра тытаççĕ,—çав производство орудийĕсене Маркс «ĕçлевĕн механически хатĕрĕсем» тенĕ, «вĕсене пĕтĕмĕшпе пĕрле илсен производство шăмшакĕпе мускулĕсем тесе калама пулать», тенĕ, вĕсем «обществăллă производствăн пĕр-пĕр саманине уйрăмах палăртса тăракан паллăсем» пулаççĕ, тенĕ. Производство хатĕрĕсен пĕр пайне (чĕртавара) тата производство хатĕрĕсене, вăл шутра производство орудийĕсене те, пĕр пек ăнланни, марксизма пăсни пулать, мĕншĕн тесен производство орудийĕсем, производствăн ытти мĕнпур хатĕрĕсемпе танлаштарсан, тĕп вырăнта тăраççĕ, тесе шутлать марксизм. Пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ, производство орудийĕсем туса кăларма материал пулса тăракан хăшпĕр йышши чĕртавар кирлĕ пулин те, чĕртавар хăй тĕллĕнех производство орудийĕсем туса кăларма пултараймасть, çав вăхăтрах производство орудийĕсемсĕр нимĕнле чĕртавар та туса кăларма çук.

Малалла. Эсир, Ноткин юлташ, хаклăх законĕн вăйĕ ялхуçалăхĕнче туса кăларакан чĕртавар хакне йĕркелекен вăй пулса тăрать, тени тĕрĕс-и? Пирĕн çĕршывра ялхуçалăх чĕртаварĕн хакĕсем «ирĕклĕн» вылянса тăни пулнă пулсан, пирĕн çĕршывра конкуренцин тата производство анархийĕн законĕ вăйра пулнă пулсан, пирĕн планлă хуçалăх пулман пулсан, чĕртавар туса кăларассине план тăрăх йĕркелесе тăни пулман пулсан, хаклăх законĕн вăйĕ ялхуçалăх туса кăларакан чĕртавар хакне йĕркелекен вăй пулнă пулĕччĕ. Анчах та пирĕн халăх хуçалăхĕнче çав «пулнă пулсан» тенисем çук, çавăнпа та хаклăх законĕн вăйĕ ниепле те ялхуçалăх чĕртаварĕн хакне йĕркелекен вăй пулма пултараймасть. Пĕрремĕшĕнчен, пирĕн çĕршывра ялхуçалăх чĕртаварĕн хакĕсем—«ирĕклĕ» хаксем мар, çирĕп, план тăрăх тунă хаксем. Иккĕмĕшĕнчен, ялхуçалăх чĕртаварне мĕн чухлĕ туса кăлармаллине стихия мар, мĕнле те пулин ăнсăртран килсе тухакан япаласем мар, план палăртса парать. Виççĕмĕшĕнчен, ялхуçалăх чĕртаварĕ туса кăларма кирлĕ производство орудийĕсем уйрăм çынсен, е çынсен ушкăнĕсен аллинче мар, государство аллинче тăраççĕ. Кун хыççăн хаклăх законĕн йĕркелекен ролĕнчен мĕн юлать-ха вара? Апла пулсан, çӳлтерехре кăтартнă фактсем, социализмла производствăна тивĕçлĕ фактсем, хаклăх законне хăйне йĕркелесе тăраççĕ.

Çапла ĕнтĕ, ялхуçалăх чĕртаварĕн хакĕсене тунă çĕре хаклăх законĕ хăйĕн вăйне сарнине, вăл ку ĕçĕн факторĕсенчен пĕри пулнине йышăнмасăр тăма çук. Анчах хаклăх законĕн çав вăйĕ йĕркелекен вăй пулманнине тата пулма та пултарайманнине пушшех те йышăнмасăр тăма çук.

### ПИЛЛĔКМĔШ ПУНКТ ТĂРĂХ.

Социализмла халăх хуçалăхĕн тупăшлăхĕ çинчен каласа, эпĕ хамăн «Асăрхаттарусенче» хăшпĕр юлташсене хирĕç каларăм, çав юлташсем: пирĕн планлă халăх хуçалăхĕ тупăшлă предприятисене питех мала хумасть, çав предприятисемпе юнашарах тупăшлă мар предприятисем те тытса тăрать пулсан, вăл хуçалăхри тупăшлăх принципне хăйне те пĕтерсе хурать, тесе тĕрĕс мар калаççĕ. «Асăрхаттарусенче» çапла каланă: производствăн уйрăм предприятийĕсемпе отраслĕсен тупăшлăхĕ пире социализмла производство паракан чи пысăк тупăшлăхпа нимĕн чухлĕ те танлашма пултараймасть, çак социализмла производство вара пире перепроизводство кризисĕсенчен хăтарать тата производствăна вĕçĕмсĕр ӳстерме май парать.

Анчах та çакăнтан производствăн уйрăм предприятийĕсемпе отраслĕсен тупăшлăхĕ пит кирлех те мар, ун çине тимлĕн çаврăнса пăхмасан та юрать тесе вывод туни тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Кун пек вывод туни, паллах, тĕрĕс мар. Производствăн уйрăм предприятийĕсемпе отраслĕсен тупăшлăхĕ хамăрăн производствăна аталантарас ĕçре питĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать Ăна строительствăна планланă чухне те, производствăна планланă чухне те шута илмелле. Аталанăвăн хальхи тапхăрĕнче пирĕн хуçалăх ĕçĕсене туса пынă чухне çакна пурин те пĕлсе тăмалла.

### УЛТТĂМĔШ ПУНКТ ТĂРĂХ.

Эсир капитализм пирки каланă сăмахсене: «йĕркерен тухса, хытă пăсăлнă сарăлса пыракан производство», тенине мĕнле ăнланмалли паллă мар. Калас пулать, кун пек производствăсем, çитменнине тата сарăлса пыракан производствăсем, тĕнчере пулмаççĕ.

Паллах ĕнтĕ, тĕнчери рынок пайланса кайнă хыççăн тата капитализмла тĕп çĕршывсем (США, Англи, Франци) тĕнчери ресурссемпе усă курма вăй хумалли вырăнсем ансăрланса пыма тытăннă хыççăн, капитализм аталанăвĕ циклсем тăрăх пулса пырасси—производство ӳссе тата чакса пырасси—çапах та сыхланса юлмалла. Анчах çав çĕршывсенче производство ӳсĕмĕ ансăрланнă никĕс çинче пулса пырĕ, мĕншĕн тесен çав çĕршывсенче производство пысăкăшĕ малашне те чакса пырĕ.

### ÇИЧЧĔМĔШ ПУНКТ ТĂРĂХ.

Тĕнчери капитализм системин пĕтĕмĕшле кризисĕ пĕтĕм тĕнчери пĕрремĕш вăрçă тапхăрĕнче, уйрăмах Совет Союзĕ капитализм системинчен уйрăлса кайнине пула пуçланса кайнă. Ку вăл пĕтĕмĕшле кризисăн пĕрремĕш сыпăкĕ пулнă. Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă тапхăрĕнче, уйрăмах Европăри тата Азири халăх демократи çĕршывĕсем капитализм системинчен уйрăлса кайнă хыççăн, пĕтĕмĕшле кризисăн иккĕмĕш сыпăкĕ пуçланса кайрĕ. Тĕнчери пĕрремĕш вăрçă тапхăрĕнчи пĕрремĕш кризиса тата тĕнчери иккĕмĕш вăрçă тапхăрĕнчи иккĕмĕш кризиса пĕр-пĕринпе çыхăнса тăман, хăйсем тĕллĕн пулнă уйрăм кризиссем тесе шутлаймалла мар, вĕсене тĕнчери капитализм системин пĕтĕмĕшле кризисĕ аталанса пынин сыпăкĕсем тесе шутламалла.

Тĕнчери капитализм системин пĕтĕмĕшле кризисĕ политикăлла кризис кăна е экономикăлла кризис кăна пулать-и? Апла та мар, капла та мар. Вăл тĕнчери капитализм системин пĕтĕмĕшле, урăхла каласан, пур енлĕ кризисĕ, экономикăна та, политикăна та çавăрса илекен кризисĕ пулса тăрать. Çакăнпа пĕрлех ăнланмалла ĕнтĕ, çав кризисăн никĕсĕ, пĕр енчен, капитализмăн тĕнчери экономикăлла системи ытларах та ытларах хавшаса пыни, тепĕр енчен, капитализмран уйрăлса кайнă çĕршывсен—ССР Союзĕн, Китайăн тата ытти халăх демократи çĕршывĕсен экономикăлла хăвачĕ ӳссе пыни пулать.

**И. СТАЛИН.**

1952 çулхи апрелĕн 21-мĕшĕ.

## *Л. Д. Ярошенко юлташăн йăнăшĕсем çинчен*

Нумаях пулмасть Ярошенко юлташ ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕсем патне ноябрьте пулнă паллă дискуссире сӳтсе явнă чылай экономикăлла ыйтусем пирки мартăн 20-мĕшĕнче çырнă çырăвне ярса панă. Çырура унăн авторĕ çапла ӳпкелешет: дискусси хыççăн пĕтĕçтерсе çырнă тĕп документсенче, çавăн пекех Сталин юлташ «Асăрхаттарнисенче» те, Ярошенко юлташ «шухăшĕсем нимĕн чухлĕ те палăрса юлман», тесе çырать. Çырура кунсăр пуçне Ярошенко юлташ хăйне пĕр çул хушшинче е çулталăк çурăра «Социализмăн политикăлла экономине» çырса хатĕрлемешкĕн ирĕк пама, çак ĕçре пулăшма ăна икĕ çын уйăрса пама сĕнӳ лартать.

Ярошенко юлташ ӳпкелешнине те, унăн сĕнĕвне те кирлĕ пек пăхса тухма тивет тесе шутлатăп эпĕ.

Ӳпкелешнинчен пуçлар.

Çапла ĕнтĕ, мĕнле-ха Ярошенко юлташăн çӳлте асăннă документсенче нимĕн чухлĕ те палăрса юлман «шухăшĕсем».

### I.

### Ярошенко юлташăн тĕп йăнăшĕ.

Ярошенко юлташăн шухăшĕсене пĕр-ик сăмахпа каласа хаклас пулсан, çакна каламалла: вĕсем — марксистла шухăшсем мар, çапла вара, питех те йăнăш шухăшсем пулса тăраççĕ.

Ярошенко юлташăн тĕп йăнăшĕ çакăнта пулать: вăл производительнăй вăйсемпе производствăлла хутшăнусен общество аталанăвĕнчи ролĕ çинчен тăракан ыйтура марксизмран пăрăнса каять, производительнăй вăйсен рольне ытла та пысăклатса кăтартать, производствăлла хутшăнусен рольне ытла та пĕчĕклетсе кăтартать, юлашкинчен вара социализм вăхăтĕнче производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен пĕр пайĕ пулса тăраççĕ, тесе хурать.

Ярошенко юлташ «антагонизмла класлă хирĕçӳсен» условийĕсенче производствăлла хутшăнусен хăшпĕр рольне йышăнма килĕшет, мĕншĕн тесен производствăлла хутшăнусем кунта «производительнăй вăйсен аталанăвне хирĕç пыраççĕ». Анчах вăл çак роле сиенлĕ роль вырăнне, производительнăй вăйсене аталанма чăрмантаракан, вĕсен аталанăвне чарса тăракан фактор ролĕ вырăнне çеç хурать. Производствăлла хутшăнусен ытти функцийĕсене, вĕсен мĕнле те пулин усăллă функцийĕсене Ярошенко юлташ курмасть.

Социализмла строя илес пулсан—кунта «антагонизмла класлă хирĕçӳсем» çук тата производствăлла хутшăнусем «текех производительнăй вăйсене хирĕç пымаççĕ» ĕнтĕ,—Ярошенко юлташ вара çапла шутлать: кунта производствăлла хутшăнусен мĕнле те пулин уйрăм ролĕ çухалать, производствăлла хутшăнусем аталанăвăн пысăк факторĕ пулма пăрахаççĕ, вĕсене производительнăй вăйсем çăтса яраççĕ, хăйсен уйрăлми пайĕ туса хураççĕ. Социализм вăхăтĕнче «çынсен производствăлла хутшăнăвĕсем, тет Ярошенко юлташ, производительнăй вăйсене организациленĕ çĕре кĕреççĕ, çав организацин меслечĕ, çав организацин пĕр пайĕ пулса кĕреççĕ» (Ярошенко юлташ ЦК Политбюровне янă çырăва пăхăр).

Мĕнле-ха апла пулсан Социализмăн политикăлла экономин тĕп задачи? Ярошенко юлташ çапла ответ парать: «Çавăнпа та Социализмăн политикăлла экономин тĕп проблеми социализмла обществăри çынсен производствăлла хутшăнăвĕсене тĕпчесе вĕренесси мар, обществăлла производствăра производительнăй вăйсене организацилемелли наукăллă теори, халăх хуçалăхĕн аталанăвне планламалли теори туса хатĕрлесси тата ăна аталантарасси **пулса тăрать»** (Ярошенко юлташ дискусси Пленумĕнче каланă сăмаха пăхăр).

Ярошенко юлташ социализмла стройăн çакнашкал экономикăлла ыйтăвĕсемпе—пирĕн экономикăра харпăрлăхăн тĕрлĕ формисем пуррипе, тавар сутса илнипе, хаклăх законĕпе тата ыттисемпе—интересленменни, вĕсене иккĕмĕш вырăнта тăракан, усăсăр тавлашусем çеç кăларакан ыйтусем тесе шутлани çакăнтан килет те ĕнтĕ. Вăл тӳрех çапла калать: вăл хатĕрлекен Социализмăн политикăлла экономинче «социализмăн политикăлла экономинчи пĕр-пĕр категори—хаклăх, тавар, укçа, кредит тата ыттисен—ролĕ çинчен пыракан тавлашусем, пирĕн патăрта час-часах усăсăр пулакан тавлашусем, **вырăнне** обществăллă производствăра производительнăй вăйсене пĕлсе организацилесси çинчен тĕрĕс сӳтсе явни, çапла организацилессине наука енĕпе никĕслесе пани пулать», тет (Ярошенко юлташ дискусси Пленумĕн Секцийĕнче каланă сăмаха пăхăр).

Çапла ĕнтĕ, экономикăлла проблемăсемсĕр политикăлла экономи пулса тухать.

Ярошенко юлташ çапла шутлать: «производительнăй вăйсене пĕлсе организацилессине» йĕркелемелле çеç, вара социализмран коммунизма ытлашши йывăрлăхсемсĕрех куçма пулать. Коммунизма куçма çакă пĕтĕмĕшпех çителĕклĕ тесе шутлать вăл. Вăл тӳрех çапла калать: «Социализм вăхăтĕнче коммунизмла общество тăвассишĕн пыракан тĕп кĕрешӳ производительнăй вăйсене тĕрĕс организацилессишĕн тата вĕсемпе обществăллă производствăра пĕлсе усă курассишĕн пыракан кĕрешӳ пулса тăрать», тет (дискусси Пленумĕнче каланă сăмаха пăхăр). Ярошенко юлташ чаплăн каласа çапла пĕлтерет: «Коммунизм вăл—обществăлла производствăра производительнăй вăйсене наука кăтартнă пек чи лайăх организацилени», тет.

Çапла пулса тухать: коммунизмла стройăн тупсăмĕ «производительнăй вăйсене пĕлсе организацилени» кăна пулса тăрать иккен.

Çапла каланисенчен Ярошенко юлташ çакăн пек вывод тăвать: пур обществăлла формацисем валли те пĕр Политикăлла экономи пулма пултараймасть, икĕ политикăлла экономи пулмалла: пĕри — социализмчченхи обществăлла формацисем валли пулмалла, унăн ĕçĕ çынсен производствăлла хутшăнăвĕсене тĕпчесе вĕренесси пулать; тепри—социализмла строй валли пулмалла, унăн ĕçĕ производствăлла, урăхла каласан, экономикăлла, хутшăнусене тĕпчесе вĕренесси мар, производительнăй вăйсене пĕлсе организацилес ыйтусене тĕпчесе вĕренесси пулать.

Çавăн пек ĕнтĕ Ярошенко юлташ шухăшĕ.

Мĕн калама пулать-ха çак шухăш çинчен?

Пĕрремĕшĕнчен, производствăлла хутшăнусен ролĕ общество историйĕнче производительнăй вăйсен аталанăвне чарса тăракан чăрмав ролĕ кăна пулать тени тĕрĕс мар. Марксистсем производствăлла хутшăнусен чарса тăракан ролĕ çинчен калаççĕ пулсан, вĕсем кирек мĕнле производствăлла хутшăнусене те мар, кивĕ производствăлла хутшăнусене кăна, производительнăй вăйсен ӳсĕмĕпе килĕшсе тăми пулнă, çапла вара, вĕсене аталанма чарса тăракан производствăлла хутшăнусене кăна асра тытаççĕ. Анчах кивĕ производствăлла хутшăнусемсĕр пуçне, паллă ĕнтĕ, çĕнĕ, киввисен вырăнне йышăнакан производствăлла хутшăнусем пур. Çĕнĕ производствăлла хутшăнусен ролĕ производительнăй вăйсене чарса тăракан роль пулать тесе калама юрать-и? Çук, юрамасть. Пачах урăхла, çĕнĕ производствăлла хутшăнусем чăннипе илсен, производительнăй вăйсене малалла аталантаракан, тата хăватлăн аталантаракан **тĕп вăй**, ĕçе татса паракан вăй пулса тăраççĕ, вĕсем пулмасан, производительнăй вăйсем, хальхи вăхăтра капитализмла çĕршывсенче пĕр вырăнта тăнă пекех, ĕнтĕркесе тăнă пулĕччĕç.

Пилĕкçуллăхсем хушшинче пирĕн совет промышленноçĕн производительнăй вăйĕсем калама çук хăватлăн аталаннине никам та йышăнмасăр тăма пултараймасть. Анчах эпир 1917 çулти октябрьте кивĕ, капитализмла производствăлла хутшăнусем вырăнне çĕнĕ, социализмла производствăлла хутшăнусем туса хуман пулсан, çав аталану пулман пулĕччĕ. Пирĕн çĕршывăн производствăлла, экономикăлла хутшăнăвĕсенче çав переворота туман пулсан, пирĕн производительнăй вăйсем, халĕ капитализмла çĕршывсенче пĕр вырăнта тăнă пекех, ĕнтĕркесе тăнă пулĕччĕç.

Юлашки 20—25 çул хушшинче пирĕн ялхуçалăхĕн производительнăй вăйĕсем калама çук хăватлăн аталаннине никам та йышăнмасăр тăма пултараймасть. Анчах эпир вăтăрмĕш çулсенче ялта кивĕ, капитализмла производствăлла хутшăнусем вырăнне çĕнĕ, коллективизмла производствăлла хутшăнусем туса хуман пулсан, çав аталану пулман пулĕччĕ. Производствăра çав переворота туман пулсан, пирĕн ялхуçалăхĕн производительнăй вăйĕсем, халĕ капитализмла çĕршывсенче пĕр вырăнта тăнă пекех, ĕнтĕркесе тăнă пулĕччĕç.

Паллах, çĕнĕ производствăлла хутшăнусем ĕмĕрех çĕнĕ пулма пултараймаççĕ тата пулмаççĕ те, вĕсем кивелме тата производительнăй вăйсен малалли аталанăвне хирĕç тăма пуçлаççĕ, вĕсем производительнăй вăйсене малалла аталантаракан тĕп хăват рольне çухатма пуçлаççĕ, вĕсене чарса пыракансем пулса тăраççĕ. Ун чухне вара çавăн пек кивелсе çитнĕ производствăлла хутшăнусем вырăнне çĕнĕ производствăлла хутшăнусем тухса тăраççĕ, вĕсен ролĕ—производительнăй вăйсене малалла аталантаракан тĕп хăват пулса тăрасси пулать.

Производствăлла хутшăнусем çапла хăйне майлă аталанса пыни, — производительнăй вăйсене чарса тăрас рольтен вĕсене малалла аталантаракан тĕп хăват пулас роль патне тата малалла аталантаракан тĕп хăват ролĕнчен производительнăй вăйсене чарса тăрас роль патне аталанса пыни,—марксизмла материализмла диалектикăн тĕп элеменчĕсенчен пĕри пулса тăрать. Çакна халĕ марксизма тин çеç вĕренме тытăнакансем те пурте пĕлеççĕ. Çакна Ярошенко юлташ пĕлмест иккен.

Иккĕмĕшĕнчен, производствăлла, урăхла каласан, экономикăлла хутшăнусен хăйне уйрăм ролĕ социализм вăхăтĕнче çухалать, производствăлла хутшăнусене производительнăй вăйсем çăтса яраççĕ, социализм вăхăтĕнче обществăлла производство производительнăй вăйсене организацилени пулать, тесе калани тĕрĕс мар. Марксизм обществăлла производствăна пĕр-пĕтĕм вырăнне хурса пăхать, унăн пĕр-пĕринчен уйрăлми икĕ енĕ пур: обществăн производительнăй вăйĕсем (обществăпа çутçанталăк вăйĕсем хушшинчи çыхăнусем, çав вăйсемпе кĕрешсе общество хăйне кирлĕ материальнăй ырлăхсем илет) тата производствăлла хутшăнусем (çынсем производство процесĕнче пĕр-пĕринпе хутшăнса тăни). Çак енсем пĕр-пĕринпе уйрăлми çыхăнса тăраççĕ пулин те, вĕсем обществăлла производствăн икĕ тĕрлĕ енĕ пулса тăраççĕ. Шăпах çавăнпа ĕнтĕ, вĕсем обществăлла производствăн тĕрлĕ енĕсем пулса тăнă пирки, вĕсем пĕр-пĕрин çине хăйсен вăйне сарма пултараççĕ. Çак енсенчен пĕрне тепĕр енĕ çăтса яма тата хăйĕн пĕр пайĕ туса хума пултарать тени—марксизма хирĕç пысăк йăнăш туни пулать.

Маркс çапла калать:

«Производствăра çынсем çутçанталăк çине кăна мар, тата пĕр-пĕрин çине те хăйсен вăйне сараççĕ. Пĕрле ĕçлеме тата хăйсен ĕçне пĕр-пĕринпе улăштарса тăма пĕр-пĕр паллă майпа пĕрлешмесĕр, çынсем материальнăй ырлăхсем тума пултараймаççĕ. Материальнăй ырлăхсем тăвас тесе çынсем хăйсем хушшинче пĕр-пĕр паллă çыхăнусемпе хутшăнусене кĕреççĕ, çав обществăлла çыхăнусемпе хутшăнусене пула кăна çынсемпе çутçанталăк хушшинчи çыхăнусем пулаççĕ, производство пулса каять» («К. Маркс тата Ф. Энгельс», V т., 429 стр. пăхăр).

Çапла ĕнтĕ, обществăлла производство икĕ енрен тăрать, вĕсем пĕр-пĕринпе уйрăлми çыхăнса тăраççĕ пулин те, çавах та икĕ тĕрлĕ хутшăнусене: çынсемпе çутçанталăк хушшинчи çыхăнусене (производительнăй вăйсене) тата çынсен производство процесĕнчи пĕр-пĕрин хушшинчи хутшăнăвĕсене (производствăлла хутшăнусене) палăртса тăраççĕ. Производствăн икĕ енĕ те пулсан кăна обществăлла производство пулать, сăмах социализмла строй çинчен пырать-и е ытти обществăлла формацисем çинчен пырать-и,—вăл пурпĕрех.

Ярошенко юлташ Маркспа килĕшсех каймасть пулмалла. Вăл Марксăн çак положенийĕ социализмла строй тĕлĕшпе юрăхлă мар тесе шутлать. Шăпах çавăнпа ĕнтĕ вăл Социализмăн политикăлла экономин проблемине производительнăй вăйсене пĕлсе организацилес задачăпа пĕрех тесе шутлать, производствăлла, экономикăлла хутшăнусене пачах сирсе пăрахать, производительнăй вăйсене вĕсенчен уйăрать.

Çапла ĕнтĕ, марксизмла Политикăлла экономи вырăнне Ярошенко юлташăн Богданов çырнă «Пĕтĕмĕшле организациллĕ наука» евĕрлĕ темĕнле япала пулса тухать.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

## И. СТАЛИН

# ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем

## *Л. Д. Ярошенко юлташăн йăнăшĕсем çинчен*

(Малалли. Пуçламăшĕ 2-мĕш страницăра).

Çапла вара, производительнăй вăйсем производствăн ытларах аталанса пыракан тата революциллĕрех вăйĕсем пулса тăни çинчен калакан тĕрĕс шухăша илсе, Ярошенко юлташ çав шухăша ниме пĕлтермен шухăш патне, социализм вăхăтĕнче производствăлла, экономикăлла хутшăнусен рольне йышăнмасăр тăрасси патне илсе çитерет, кунпа пĕрлех тулăх обществăлла производство вырăнне унăн производствăн пĕр енлĕ те ырхан технологийĕ—Бухаринăн «обществăлла-организациллĕ техники» евĕрлĕ темле япала пулса тухать.

Маркс çапла калать:

«Хăйсен пурнăçĕн обществăллă производствинче (урăхла каласан, çынсен пурнăçĕнче кирлĕ материальнăй ырлăхсене тунă чухне—И. Ст.) çынсем пĕр-пĕр паллă, пурпĕрех пулмалла, хăйсен ирĕкĕнчен килмен хутшăнусене—производствăлла хутшăнусене кĕреççĕ, çав хутшăнусем вĕсен материальнăй производительнăй вăйĕсен аталанăвĕн пĕр паллă сыпăкĕпе килĕшсе тăраççĕ Çак производствăлла хутшăнусем пĕтĕмпе пĕрле обществăн экономикăлла структури, реальнăй базис пулса тăраççĕ, çак никĕс çинче юридически тата политикăлла надстройка тытăнса тăрать, çав базиспа обществăлла ăс-тăнăн пĕр паллă формисем килĕшсе тăраççĕ» («Политикăлла экономие критиклени пирки» ятлă кĕнекен умсăмахне пăхăр).

Вăл çакна пĕлтерет: кашни обществăлла формацин, вăл шутра социализмла обществăн та, хăйĕн экономикăлла базисĕ пур, çав базис çынсен производствăлла хутшăнăвĕсем пĕрлешсе пĕтĕçнинчен пулса тăрать Ыйту тухса тăрать: социализмла стройăн экономикăлла базисĕ пирки Ярошенко юлташăн ĕç мĕнле тăрать-ха? Паллă ĕнтĕ, Ярошенко юлташ социализм вăхăтĕнче производствăлла хутшăнусем мĕн чухлĕ те пулин хăйне уйрăм область пулса тăнине пĕтерсе хучĕ, вĕсенчен кăштах юлнине те производительнăй вăйсене организациленĕ çĕре кĕртрĕ. Ыйтас килет, социализмла стройăн хăйĕн экономикăлла базис пур-и? Курăнать ĕнтĕ, социализм вăхăтĕнче производствăлла хутшăнусем мĕн чухлĕ те пулин хăйне уйрăм вăй пулса тăма пăрахрĕç пулсан, социализмла строй вара хăйне кирлĕ экономикăлла базиссăр тăрса юлать.

Çапла ĕнтĕ, хăйне кирлĕ экономикăлла базиссăр социализмла строй пулса тухать. Чылаях кулăшла истори пулса тăрать...

Хăйне кирлĕ экономикăлла базиссăр обществăлла строй хăçан та пулин пулма пултарать-и? Ярошенко юлташ пулма пултарать тесе шутлать пулас. Ну, марксизм вара тĕнчере ун пек обществăлла стройсем пулмаççĕ тесе шутлать.

Юлашкинчен, коммунизм вăл производительнăй вăйсене пĕлсе организацилени пулса тăрать, коммунизмла строй тупсăмĕ пĕтĕмпе те производительнăй вăйсене пĕлсе организациленинче кăна пулать, производительнăй вăйсене пĕлсе организацилемелле çеç, вара ытлашши йывăрлăхсемсĕр коммунизма куçма пулать тени те тĕрĕс мар. Пирĕн литературăра коммунизма урăхла палăртса пани, унăн урăх формули пур, шăпах ĕнтĕ Ленин формули пур: «Коммунизм вăл—совет влаçĕ тата пĕтĕм çĕршыва электрификацилени» Ярошенко юлташа Ленин формули килĕшмест курăнать, анчах вăл хăй тупнă урăх формулăпа улăштарать: «Коммунизм вăл—обществăлла производствăра производительнăй вăйсене наука кăтартнă пек чи лайăх организацилени», тет.

Пĕрремĕшĕнчен, никамшăн та паллă мар: Ярошенко юлташ мухтаса пĕлтерекен производительнăй вăйсене çавнашкал «наука кăтартнă пек чи лайăх» е «пĕлсе» организацилени мĕне пĕлтерет-ха, унăн конкретлă содержанийĕ мĕнле-ха? Ярошенко юлташ çак тĕшмĕшле формулăна дискусси Пленумĕнче тата секцийĕсенче тухса каланă хăйĕн сăмахĕсенче, Политбюро членĕсем патне ярса панă хăйĕн çырăвĕнче вуншар хут та аса илет, анчах производительнăй вăйсене «пĕлсе организацилени», коммунизмла строя тупсăмне пĕтĕмпех, имĕш, палăртса пама тивĕçлĕскер, мĕне пĕлтернине нисăта та, пĕр сăмахпа та ăнлантарса памасть.

Иккĕмĕшĕнчен, икĕ формулăран пĕрне суйласа илмелле пулсан, вара Ленин формулине, пĕртен-пĕр тĕрĕс формулăна суйласа илес пулать; Ярошенко юлташ формули текенскерне вара, пĕтĕмĕшпех пуçран шухăшласа кăларнă тата марксистла мар, Богданов арсеналĕнчен—«Пĕтĕмĕшле организациллĕ наукăран» илнĕ формулăна, сирсе пăрахмалла.

Ярошенко юлташ çапла шутлать: продуктсем ытлашшипех туса илме тата коммунизма куçма, «кашнине—унăн ĕçне кура» текен формулăран «кашнине—хăйне кирлине кура» текен формула патне куçма производительнăй вăйсене пĕлсе организацилесси те çитет, тесе шутлать. Ку вăл—социализмăн экономикăлла аталанăвĕн законĕсене пачах та ăнланманнине кăтартса паракан пысăк йăнăш. Ярошенко юлташ социализмран коммунизма куçмалли условисене ытла та ансат, ачалла ансат ăнланать. Ярошенко юлташ çакна чухламасть: колхозла-ушкăнла харпăрлăх, тавар сутса илни тата ытти çавăн пек экономикăлла фактсене вăйрах хăварсан, обществăна мĕн кирлине пĕтĕмпех парса тăмалăх продуктсем ытлашшипех туса илме те, «кашнине—хăйне кирлине кура» текен формула патне куçма та май çук. Ярошенко юлташ çакна ăнланмасть: «кашнине—хăйне кирлине кура» текен формула патне куçиччен малтан обществăна экономикăлла культура тĕлĕшĕнчен вĕрентсе çĕнĕлле воспитани памалли чылай тапхăрсене пурăнса иртмелле, çав тапхăрсем хушшинче пурăнма кирлĕ условийĕ кăна пулса тăракан ĕçлев общество кусĕ умĕнче пурнăçăн чи кирлĕ ыйтăвĕ пулмалла, обществăлла харпăрлăх вара общество пурнăçĕн çирĕп те никам тĕкĕнеймен никĕсĕ пулса тăмалла.

Коммунизма куçма сăмахпа мар, чăн-чăнах хатĕрлесе çитес тесен, сахалтан та малтанлăха кирлĕ виçĕ тĕп условие пурнăçа кĕртес пулать.

1. Пĕрремĕшĕнчен, производительнăй вăйсене тĕшмĕшле «пĕлсе организацилеме» мар, пĕтĕм обществăлла производство вĕçĕмсĕр ÿссе пыма, уйрăмах производство хатĕрĕсем туса кăларассине ытларах ÿстерсе пыма çирĕп никĕс тумалла. Производство хатĕрĕсем туса кăларассине ытларах ÿстерни çав производство хăйĕн предприятийĕсене те, çавăн пекех халăх хуçалăхĕн ытти пур отраслĕсен предприятийĕсене те оборудовани парса тăмалла пулнăран кăна мар кирлĕ, çав производство пулмасан сарăлса пыракан воспроизводство тума пачах май çукран та кирлĕ.

2. Иккĕмĕшĕнчен, колхозсене усă кÿрсе, çапла вара, пĕтĕм обществăна усă кÿрсе, майĕпен улшăнусем туса пынипе колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклемелле, çавăн пекех майĕпен улшăнусем туса пынипе тавар сутса илни вырăнне продуктпа продукт улăштарса илес йĕрке тумалла, вара центрти власть е пĕр-пĕр урăх обществăлла-экономикăлла центр обществăлла производствăн пĕтĕм продукцине общество интересĕсемшĕн тытса тăма пултартăр.

Ярошенко юлташ социализм чухне обществăн производствăлла хутшăнăвĕсемпе производительнăй вăйĕсем хушшинче нимĕнле хирĕçÿ те çук тесе йăнăш тăвать. Паллах, пирĕн хальхи производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен ÿсĕмĕпе пĕтĕмĕшпех килĕшсе тăрса, вĕсене улăпла утăмсемпе малалла аталантарса пыраççĕ. Анчах, çакăнпа лăпланса, пирĕн производительнăй вăйсемпе производствăлла хутшăнусем хушшинче нимĕнле хирĕçÿсем те çук тесе шутлани тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ Хирĕçÿсем, паллах, пур тата пулĕç те, мĕншĕн тесен производствăлла хутшăнусен аталанăвĕ производительнăй вăйсен аталанăвĕнчен юлса пырать тата малашне те юлса пырĕ. Ертсе пыракан органсем тĕрĕс политика тытса пынă чухне çав хирĕçÿсем хире-хирĕçлĕх пулса каймa пултараймаççĕ, тата кунта ĕç обществăн производствăлла хутшăнăвĕсемпе производительнăй вăйĕсем хушшинче конфликт пуласси патне çитме пултараймасть. Эпир тĕрĕс мар политика, Ярошенко сĕнекен политика пек политика тытса пырас пулсан, вара ĕç урăхла тăма пултарать. Ун пек чухне конфликт пурпĕрех пулать, тата пирĕн производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсене малалла аталанма чарса пыракан чылаях пысăк чăрмав пулса тăма пултараççĕ.

Çавăнпа та ертсе пыракан органсем умĕнче çакăн пек задача тăрать: вĕсен ÿссе хăпаракан хирĕçÿсене вăхăтра асăрхамалла, çав хирĕçÿсене çĕнтерме çийĕнчех кирлĕ мерăсем йышăнмалла, производствăлла хутшăнусене производительнăй вăйсен ÿсĕмĕпе килĕштерсе пымалла. Ку ĕнтĕ чи малтан çакăн пек экономикăлла явленисене: ушкăнла—колхозла харпăрлăха, тавар сутса илнине тивет. Паллах, хальхи вăхăтра çав явленисемпе эпир социализмла хуçалăха аталантарас ĕçре ăнăçлăн усă куратпăр тата вĕсем пирĕн обществăна чăннипех те усă кÿреççĕ. Иккĕленмелли çук, вĕсем çитес çывăх вăхăтра та усă кÿрсе тăрĕç. Анчах çав вăхăтрах вăл явленисем халех ĕнтĕ пирĕн производительнăй вăйсене хăватлăн аталанмашкăн чарса тăма пуçланине курманни каçарма çук пысăк суккăрлăх пулнă пулĕччĕ, мĕншĕн тесен çав явленисем пĕтĕм халăх хуçалăхне уйрăмах ялхуçалăхне, государство енĕпе пĕтĕмĕшпех планласа пыма чăрмантараççĕ. Иккĕленмелли çук, мĕн чухлĕ ытларах малалла кайăпăр, çав явленисем пирĕн çĕршывăн производительнăй вăйĕсене ÿсме çавăн чухлĕ ытларах чарса тăрĕç Çавăнпа та, задача акă мĕнре пулать: çав хирĕçÿсене пĕтермешкĕн колхозла харпăрлăха майĕпен пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ туса пымалла, тавар сутса илни вырăнне—çавăн пекех майĕпен—продуктпа продукт улăштарса илес йĕрке тумалла.

3. Виççĕмĕшĕнчен, общество культурине чи çÿлĕ шая çити ÿстермелле, вăл обществăн мĕнпур членĕсене вăй-халпа ăс-тăн тĕлĕшĕнчи пултарулăхсене пур енĕпе те аталантарма май патăр, общество членĕсем общество аталанăвĕн активлă деятелĕсем пулмашкăн çителĕклĕ таран вĕренме пултарччăр, вĕсем ирĕклĕн професси суйласа илме пултарччăр, çапла вара вĕсен, ĕçлев пайланса тăнине пула, ĕмĕр тăршшĕпех пĕр-пĕр профессипе çыхăнса тăмалла ан пултăр.

Çакна тума мĕн кирлĕ-ха?

Ĕçлевĕн хальхи йĕркинче чылай пысăк улшăнусем тумасăрах общество членĕсене культура тĕлĕшпе çавăн пек нумай ÿстерме пулать тесе шутлани тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Çавна тума чи малтан ĕç кунне сахалтан та 6 сехет, унтан тата 5 сехет таран та чакармалла. Çапла туни общество членĕсене пур енĕпе те пĕлÿсем илмешкĕн ирĕклĕ вăхăт çителĕклĕ пама кирлĕ. Çакна тума, малалла, пурне те обязательнăй йĕркепе политехникăлла вĕрентме тытăнмалла, çакă вăл общество членĕсене ирĕклĕн професси суйласа илмешкĕн май пама кирлĕ, общество членĕсен ĕмĕр тăршшĕпех мĕнле те пулин пĕр профессипе çыхăнса тăмалла ан пултăр. Çакна тума, малалла, пурăнмалли çурт-йĕр условийĕсене тĕпренех лайăхлатмалла тата, пĕр енчен, укçан тÿлекен ĕç укçине тÿрех хăпартса, тепĕр енчен, уйрăмах, пурне те кирлĕ таварсен хакĕсене малалла та тăтăшах йÿнетсе пырса, рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине сахалтан та икĕ хут, ытларах та пулмасан, ÿстермелле.

Çакăн пек ĕнтĕ коммунизма куçассине хатĕрлесе çитермелли тĕп условисем.

Çак малтанлăха кирлĕ **мĕнпур** условисене, вĕсен пурне те пĕрле илсе, пурнăçа кĕртнĕ хыççăн кăна çакна шанса тăма пулать: ĕçлев йывăр чăрмавран общество членĕсен куçĕ умĕнче «пурнăçра чи кирли» (Маркс) пулса тăрĕ, «ĕçлев йывăр асапран савăнăç пулса кайĕ» (Энгельс), обществăлла харпăрлăха вара обществăн мĕнпур членĕсем общество пурнăçĕн çирĕп те никам тĕкĕнейми никĕсĕ тесе хаклама тытăнĕç.

Çак малтанлăха кирлĕ **мĕнпур** условисене, вĕсене пурне те пĕрле илсе, пурнăçа кĕртсен кăна, социализм формулинчен—«кашнинчен унăн пултарулăхне кура, кашнине—унăн ĕçне кура» текен формулăран коммунизм формули патне—«кашнинчен унăн пултарулăхне кура, кашнине—хăйне кирлине кура» текен формула патне куçма пулать.

Çакă ĕнтĕ пĕр экономикăран, социализм экономикинчен—чи çÿлте тăракан тепĕр экономикăна, коммунизм экономикине тĕпренех куçни пулать.

Курăнать ĕнтĕ, социализмран коммунизма куçас ĕç, Ярошенко юлташ шутланă пек, ансат ĕçех мар.

Çак мĕнпур кăткăс та нумай тĕрлĕ ĕçе, экономикăра пысăк улшăнусем тума ыйтакан ĕçе, Ярошенко юлташ тунă пек, «производительнăй вăйсене пĕлсе организацилениpех» тума пулать тени марксизма богдановщинăпа улăштарни пулать.

### II.

### Ярошенко юлташăн ытти йăнăшĕсем.

1. Хăйĕн тĕрĕс мар шухăшĕсенчен Ярошенко юлташ политикăлла экономин характерĕ тата вăл тĕпчекен ыйтусем пирки тĕрĕс мар вывод тăвать.

Ярошенко юлташ, кашни обществăлла формацин хăйне çеç тивĕçлĕ экономикăлла законсем пур тесе, пур обществăлла формацисем валли те пĕр политикăлла экономи пулма кирлине йышăнмасть. Анчах вăл пачах тĕрĕс мар шутлать, тата вăл Энгельс пек, Ленин пек марксистсенчен уйрăлса каять.

Энгельс çапла калать: политикăлла экономи вăл—«этемлĕхĕн тĕрлĕ обществисенче производство тата улăшу пулса пымалли, çавсене май кашни обществăрах продуктсене валеçсе тăмалли условисемпе формăсем çинчен вĕрентекен наука» («Анти-Дюринг»). Çапла ĕнтĕ, политикăлла экономи мĕнле те пулин пĕр обществăлла формацин экономикăлла аталанăвĕн законĕсене мар, тĕрлĕ обществăлла формацисен экономикăлла аталанăвĕн законĕсене тĕпчесе вĕренет.

Çакăнпа, паллă ĕнтĕ, Ленин пĕтĕмĕшпех килĕшет, вăл Бухаринăн «Куçăм тапхăрĕнчи экономика» ятлă кĕнеки пирки критиклесе асăрхаттарнисенче çапла каланă: политикăлла экономи тĕпчекен ыйтусем таварлă тата чи малтан капитализмла производство кăна пулса тăраççĕ тесе Бухарин тĕрĕс мар шутлать, тенĕ, кунта Бухарин «Энгельсран утăм каялла чакать», тесе асăрхаттарнă Ленин.

Политикăлла экономи учебникĕн проектĕнче политикăлла экономи мĕне пĕлтерни çинчен калани çакăнпа пĕтĕмпех килĕшсе тăрать, унта çапла каланă: политикăлла экономи «этемлĕх обществи аталанăвĕн тĕрлĕ сыпăкĕсенче обществăн материальнăй ырлăхĕсене туса кăларнин тата валеçсе тăнин законĕсене» тĕпчесе вĕренекен наука пулса тăрать, тенĕ.

Çакна ăнланмалла та. Тĕрлĕ обществăлла формацисем хăйсен экономикăлла аталанăвĕнче хăйсене çеç тивĕçлĕ экономикăлла законсене кăна мар, пур формацисемшĕн те пĕр пек экономикăлла законсене те, сăмахран, çакăн пек законсене: пĕрлĕхлĕ обществăлла производствăра производительнăй вăйсемпе производствăлла хутшăнусем пĕрлĕхлĕ пулни çинчен калакан закона, мĕнпур обществăлла формацисен аталану процесĕнчи производительнăй вăйсемпе производствăлла хутшăнусем хушшинчи çыхăнусем çинчен калакан закона пăхăнса тăраççĕ. Çапла ĕнтĕ, обществăлла формацисем хăйсене çеç тивĕçлĕ законсемпе пĕр-пĕринчен уйрăлса тăраççĕ кăна мар, тата пур формацисемшĕн те пĕр пек экономикăлла законсемпе пĕр-пĕринпе çыхăнса та тăраççĕ.

Энгельс питех те тĕрĕс каланă:

«Буржуалла политикăлла экономие çапла пур енĕпе те критиклеме производствăн, улăшăвăн тата валеçнин капитализмла формипе паллашни кăна çителĕксĕр пулнă. Çавăн пекех тата, пĕтĕмĕшле енĕсене те пулин илсе, капитализмла форма умĕнхи формăсене е тата сахал аталаннă çĕршывсенче капитализмпа юнашарах тытăнса юлнă формăсене тĕпчесе, танлаштарса пăхмалла пулнă» («Анти-Дюринг»).

Курăнать ĕнтĕ, кунта, çак ыйтура, Ярошенко юлташ Бухарин каланинех калать.

Малалла. Ярошенко юлташ çапла калать: унăн «Социализмăн политикăлла экономинче» «политикăлла экономи категорийĕсем—хаклăх, тавар, укçа, кредит тата ытти те—**вырăнне** обществăлла производствăра производительнăй вăйсене пĕлсе организацилесси çинчен тĕрĕс сÿтсе явни пулать», çапла вара, **çак** политикăлла экономи тĕпчекен ыйтусем социализмăн производствăлла хутшăнăвĕсем **мар, шăпах** «производительнăй вăйсене организацилемелли наукăлла теори, халăх хуçалăхне планламалли теори туса хатĕрлесси тата аталантарасси пулать тата ытти те», социализм чухне производствăлла хутшăнусем хăйсен уйрăм пĕлтерĕшне çухатаççĕ, вĕсене производительнăй вăйсем çăтса яраççĕ, хăйсен уйрăлми пайĕ туса хураççĕ.

Калас пулать, пирĕн патра тĕрĕс çултан пăрăнса кайнă пĕр «марксист» та çавăн пек тăрлавсăр сÿпĕлтетни халиччен пулманччĕ-ха. Чăнах та, экономикăлла, производствăлла проблемăсене тĕпчемен социализмăн политикăлла экономийĕ мĕне пĕлтерет-ха? Тĕнчере ун пек политикăлла экономи пулать-и вара? Социализмăн политикăлла экономинче экономикăлла проблемăсем вырăнне производительнăй вăйсене организацилес проблемăсем кăларса тăратни мĕне пĕлтерет-ха? Ку вăл социализмăн политикăлла экономине пĕтерсе хунине пĕлтерет. Ярошенко юлташ шăпах çавăн пек тăвать те ĕнтĕ,—вăл социализмăн политикăлла экономине пĕтерсе хурать. Кунта вăл пĕтĕмпех Бухаринпа пĕрлешсе каять. Капитализма пĕтернĕ май политикăлла экономи пĕтмелле, **тенĕ** Бухарин. Ярошенко юлташ апла каламасть, анчах вăл, социализмăн политикăлла экономине пĕтерсе хурса, çав **ĕçех тăвать.** Чăнах та, кунта вăл Бухаринпа питех килĕшмен пек кăтартать, анчах ку—чеелĕх, çитменнине тата пĕр пус та тăман чеелĕх. Чăннипе илсен, *вăл Бухарин сарнă шухăшсенех сарать. Ленин çав шухăшсене хирĕç тăнă. Ярошенко юлташ Бухарин хыççăн сĕтĕрĕнсе пырать.*

Малалла. Ярошенко юлташ социализмăн политикăлла экономи проблемисене производительнăй вăйсене пĕлсе организацилес проблемăсем, халăх хуçалăхне планлас тата ытти проблемăсем вырăнне хурать. Анчах вăл пысăк йăнăш тăвать. Производительнăй вăйсене пĕлсе организацилес, халăх хуçалăхне планлас проблемăсем тата ытти те политикăлла экономи тĕпчекен ыйтусем пулса тăмаççĕ, вĕсем ертсе пыракан органсен хуçалăх политикин ĕçĕ пулса тăраççĕ. Çаксем вĕсем—икĕ тĕрлĕ япала, вĕсене пăтраштарма юрамасть Ярошенко юлташ çак икĕ тĕрлĕ япалана пăтраштарса янă та айванлăха лекнĕ Политикăлла экономи çынсен производствăлла хутшăнăвĕсен аталанăвĕн законĕсене тĕпчесе вĕренет. Хуçалăх политики çакăнтан практикăра кирлĕ выводсем тăвать, вĕсене конкретлăрах туса, çавăн тăрăх хăйĕн куллен ĕçне туса пырать. Политикăлла экономие хуçалăх политикин ыйтăвĕсене кĕртсе тултарни политикăлла экономи наука пулса тăнине пĕтерсе хуни пулать.

Политикăлла экономи тĕпчекен ыйтусем çынсен производствăлла, экономикăлла хутшăнăвĕсем пулса тăраççĕ Кунта çаксем кĕреççĕ: а) производство хатĕрĕсен харпăрлăх формисем; б) тĕрлĕ социаллă ушкăнсен çакăнтан килекен производствăри вырăнĕ тата вĕсен пĕр-пĕрин хушшинчи хутшăнăвĕсем, е, Маркс каланă пек: «хăйсен ĕçне пĕр-пĕринпе улăштарса тăни»; в) продуктсене валеçсе тăрасси пĕтĕмĕшпех çаксенчен килекен формисем. Çаксем пурте пĕрле политикăлла экономи тĕпчекен ыйтусем пулса тăраççĕ.

Çакăн пек палăртса панинче «улăштарса тăни», тенĕ сăмахсем çук, Энгельс палăртса панинче вĕсем пур. Çав сăмахсем акă мĕншĕн çук: «улăштарса тăни» тенине ахаль чухне нумайăшĕ таварсем улăштарни тесе ăнланаççĕ, таварсем улăштарни пур формацисенче те мар, хăшпĕр обществăлла формацисенче кăна пулать, çакна пула, Энгельс «улăштарса тăни» сăмахсене таварсем улăштарни тесе çеç ăнланман пулин те, хăш чух çав сăмахсене йăнăш ăнланнисем пулаççĕ. Анчах, курăнать ĕнтĕ, Энгельс «улăштарса тăни» сăмахсене мĕнле ăнланни çÿлтерехре каласа панă ăнланăва, унăн уйрăлми пайĕ пулса, кĕрсе юлнă. Çапла ĕнтĕ, политикăлла экономи тĕпчекен ыйтусене çавăн пек палăртса пани хăйĕн содержанийĕ тăрăх Энгельс палăртса панипе пĕтĕмпех килĕшсе тăрать.

2. Пĕр-пĕр обществăлла формацин экономикăлла тĕп законĕ çинчен каланă чухне обществăлла формацин экономикăлла тĕп законĕсем темиçе пулма пултарайманнине, унăн экономикăлла тĕп законĕ мĕнле те пулин пĕр закон, шăпах ĕнтĕ тĕп закон пулмаллине шута илеççĕ. Унсăрăн кашни обществăлла формаци валли пирĕн экономикăлла тĕп законсем темиçе те пулнă пулĕччĕç, ку вара тĕп закон тенине хăйне хирĕç пырать. Анчах Ярошенко юлташ çакăнпа килĕшмест. Вăл социализмăн экономикăлла тĕп законĕ пĕрре мар, темиçе те пулма пултарать, тесе шутлать. Çакна ĕненме çук пек, анчах вăл факт. Дискусси Пленумĕнче тухса каланă сăмахĕнче Ярошенко юлташ çапла калать:

«Обществăлла производствăпа воспроизводствăн материальнăй фончĕсен пысăкăшĕпе шайĕ обществăлла производствăна хутшăнтаракан ĕç вăйĕн хисепĕнчен тата малашнехи ÿсĕмĕнчен килет. Çакă ĕнтĕ социализмла обществăн экономикăлла тĕп законĕ пулать, вăл социализмла обществăлла производствăпа воспроизводство структурин условийĕ пулса тăрать».

Ку социализмăн пĕрремĕш экономикăлла тĕп законĕ.

Çав сăмахрах Ярошенко юлташ акă мĕн калать:

«Социализмла обществăра I-мĕшпе II-мĕш уйрăмсен шайĕ ĕçлеме пултаракан пĕтĕм халăха обществăлла производствăна хутшăнтарма кирлĕ чухлĕ производство хатĕрĕсем туса кăлармаллинчен килет. Ку ĕнтĕ социализмăн экономикăлла тĕп законĕ тата çав вăхăтрах пирĕн Конституци хушни пулать, вăл совет çыннисен ĕçлев правинчен тухса тăрать».

Ку вара, калас пулать, социализмăн иккĕмĕш экономикăлла тĕп законĕ пулса тăрать.

Юлашкинчен, Политбюро членĕсем патне янă çырăвĕнче Ярошенко юлташ çапла калать:

«Çакна шута илсе, социализмăн экономикăлла тĕп законĕн паллă енĕсемпе вăл хушнисене, ман шутпа, çакăн пекрех каласа пама пулать: общество пурнăçĕн материальнăй тата культурăллă условийĕсене туса тăрасси пĕрмаях ÿссе тата лайăхланса пыни».

Ку ĕнтĕ социализмăн виççĕмĕш экономикăлла тĕп законĕ.

Çаксем пурте социализмăн экономикăлла тĕп законĕсем пулса тăраççĕ-и е вĕсенчен пĕри кăна, пĕри кăна пулсан, хăшĕ тĕп закон пулса тăрать,—çак ыйтусем çине Ярошенко юлташ Политбюро членĕсем патне янă хăйĕн юлашки çырăвĕнче ответ памасть. Политбюро членĕсем патне янă çырăвĕнче социализмăн экономикăлла тĕп законĕ çинчен каланă чух вăл виçĕ уйăх каярах дискусси Пленумĕнче тухса каланă сăмахĕнчех ĕнтĕ социализмăн ытти икĕ экономикăлла тĕп законĕсем çинчен каласа панине «манса кайнă» пулас, çав шанчăксăр комбинацие асăрхамĕç тесе шутланă пулас. Анчах, курăнать ĕнтĕ, вăл шутланă пек пулмарĕ.

Калăпăр, социализмăн малтанхи икĕ тĕп законĕ, Ярошенко юлташ каласа панăскерсем, текех çук, тейĕпĕр, социализмăн тĕп законĕ тесе Ярошенко юлташ халĕ ĕнтĕ Политбюро членĕсем патне янă çырăвĕнче каласа панă хăйĕн виççĕмĕш законне шутлать, тейĕпĕр. Ярошенко юлташ çырăвне илсе пăхар.

Ярошенко юлташ çав çырура: Сталин юлташ «Асăрхаттарнисенче» социализмăн экономикăлла тĕп законне палăртса панипе эпĕ килĕшместĕп, тет. Вăл çапла калать:

«Ку ăнланура тĕп вырăнта «пĕтĕм общество ыйтăвĕсене... чи туллин тивĕçтерсе пыни» тăрать. Производствăна кунта çав тĕп тĕллеве—общество ыйтăвĕсене тивĕçтерессине пурнăçа кĕртмелли меслет пек кăтартса панă. Çавăн пек ăнлану социализмăн Эсир каласа панă экономикăлла тĕп законĕ производство малта тăнинчен мар, потреблени малта тăнинчен тухса тăрать тесе шутлама май парать».

Курăнать ĕнтĕ, Ярошенко юлташ проблемăн тĕп шухăшне пачах та ăнланман, çавăнпа та потреблени е производство малта тăни çинчен каласнисем ĕç *патне пачах та пыманнине курмасть. Пĕр-пĕр обществăлла* процессем ытти процессенчен малта тăни çинчен каланă чух яланах çав процессем иккĕшĕ те хăшпĕр таран пĕр пекрех пулнине шута илеççĕ. Производство хатĕрĕсем туса кăларни куллен кирлĕ япаласем туса кăларнинчен малта тăни çинчен калама пулать тата калама кирлĕ те, мĕншĕн тесен унта та, кунта та сăмах производство çинчен пырать, апла пулсан, вĕсем хăшпĕр таран пĕр пекрех пулаççĕ. Анчах потреблени производствăран малта тăни е производство потреблениран малта тăни çинчен калама май çук, ун пек калани тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ, мĕншĕн тесĕн производство тата потреблени пачах икĕ тĕрлĕ япала, чăнах та, пĕр-пĕринпе çыхăнса тăракан, çавах та тĕрлĕ япаласем пулса тăраççĕ. Кунта сăмах потреблени е производство малта тăни çинчен мар, общество, калăпăр, социализмра, обществăлла производство умне мĕнле тĕллев лартни çинчен, вăл обществăлла производствăна мĕнле задачăна пăхăнтарни çинчен пынине Ярошенко юлташ ăнланмасть пулмалла. Çавăнпа та Ярошенко юлташ: «социализмла обществăн, кирек мĕнле ытти обществăн пекех, пурнăç никĕсĕ производство пулса тăрать», тесе каланисем те çавнашкалах ĕç патне пачах та пымаççĕ. Ярошенко юлташ çакна манать: çынсем производствăшăн мар, хăйсен пурнăç ыйтăвĕсене тивĕçтерме продуктсем туса тăраççĕ. Вăл çакна манать: общество пурнăçĕн ыйтăвĕсене тивĕçтерме ĕçлемен производство начарланса çитет те пĕтсе ларать.

(Юлашки çитес номерте пулать).

# Хамăр республика тăрăх



Врач А. В. Воробьева (сылтăмри) магазинта ĕçлекенсемпе санитари минимумĕ тăрăх заняти ирттерет.
Ӳкерчĕк çинче: Шупашкарти 39-мĕш магазинра. Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Культурăллă суту-илӳшĕн

СĔРПӲ. Рабочисемпе колхозниксен тата интеллигентсен реальнăй ĕç укçийĕпе тупăшĕ ӳснĕ май, вĕсем апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем туянма пултарасси те хăвăрттăн ӳсет.

Сĕрпӳ хулинчи тата ялсенчи магазинсемпе ларексем кăçалхи январьпе февраль уйăхĕсенче кăна, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, ĕççыннисене 100 пин тенкĕ нумайрах тавар сутнă. Ĕççыннисем хаклă йышши пир-авăр, кĕпе-тумтир, атă-пушмак тата культура таварĕсем нумайрах туянма тăрăшаççĕ.

Кăçалхи пĕрремĕш кварталта райпотребсоюз системи пурçăнпа çамран тунă хаклă пир-авăр, çĕвĕ çĕлемелли машинăсем, велосипедсем нумай илсе килсе сутнă. Хăвăрт сутăнакан таварсем хушшинче, çавăн пекех, музыка инструменчĕсем, мотоциклетсем, фотоаппаратсем, сехетсем тата ытти йышши таварсем те пур. Райпотребсоюзăн хулари тĕп магазинĕ кăçалхи пĕрремĕш кварталта 540 пин тенкĕлĕх тавар сутнă, плана ирттерсе тултарнă.

Хальхи вăхăтра район территорийĕнче потребительсен кооперацийĕнултă магазинĕ, 8 чейнăйпа столовăйĕ тата 32 ларекĕ ĕçлет. Май уйăхĕнче вуншар палаткăсем ĕçлеме тытăнаççĕ.

Районта советлă суту-илӳ, вăрçăчченхипе танлаштарсан, икĕ хут ытла ӳснĕ. Апла пулин те, суту-илӳ организацийĕсен ĕçĕн шайĕ паянхи ыйтусен çӳлĕшĕнче тăраймасть-ха. Ĕççыннисем райпотребсоюзпа ялпо правленийĕсене халăхăн нумай енлĕ ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерме çине тăрса тăрăшманшăн критиклеççĕ. Сăмахран, пекарьнăра пĕçернĕ çăкăр пахалăхĕ начар пулни çинчен пĕрре çеç мар асăрхаттарнă, анчах райпотребсоюз правленийĕ çав çитменлĕхе пĕтерме халиччен те тивĕçлĕ мерăсем йышăнман. Районти магазинсемпе ларексенчен чылайăшĕ хăйсен планĕсене тултармаççĕ. Хăшпĕр магазинсенче халăха питĕ кирлĕ таварсем çук. Райпотребсоюзпа ялпо правленийĕсен суту-илӳ ĕçне лайăхлатма тимлĕ тăрăшас пулать.

Н. ВОЛКОВ.

## Паха лекцисем

СĔНТĔР. Çак кунсенче Сĕнтĕрти культура çуртĕнче «Учительсен кунĕ» пулса иртрĕ. Унта 200 çынна яхăн пухăнчĕç. Учительсем валли районти прокурор Я. Иванов «Ленинпа Сталин совет çыннисене сыхă пулма воспитани парасси çинчен» тата политикăпа наука пĕлĕвĕсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри обществăн членĕ Г. Фастовский юлташ «Литературăпа искусство миршĕн кĕрешес ĕçре» темăсем тăрăх лекцисем вуласа пачĕç.

Лекцисем хыççăн Чăвашсен юрăпа ташă ансамблĕ концерт пачĕ.

П. ЭЛЬКИНСКИЙ.
К. СОКОЛОВ.

## Плана ирттерсе тултарнă

ИШЛЕЙ. Халăхран укçа-тенкĕ пухмалли плана срокчен тултарассишĕн пыракан социализмла ăмăртура кăçалхи пĕрремĕш кварталта Чаканар ял Совечĕ мала тухрĕ. Ку ял Совечĕ (председателĕ В. Черников, налог агенчĕ Н. Прохоров юлташсем) мартăн 15-мĕшĕ тĕлнех халăхран укçа-тенкĕ пухмалли кварталти плана 119,3 процент, ку шутра аванс йĕркипе ялхуçалăх налогĕ пухмалли задание 114 процент тултарчĕ.

Хальхи вăхăтра ял Советĕнчи финанс активисчĕсем ĕççыннисем хушшинче массăллă-ăнлантарулла ĕçе тата ытларах вăйлатса, иккĕмĕш кварталти финанс планне срокчен тултарассишĕн кĕрешеççĕ.

В. ЧЕРНОВ.

## Художествăллă пултарулăх коллективĕн смотрĕ

СОВЕТСКИ. Колхозсенче, культурăпа çутĕç учрежденийĕсенче художествăллă пултарулăх кружокĕсем йышлă ĕçлеççĕ. Вĕсем час-часах хăйсен пултарулăхĕсене кăтартаççĕ.

Çак кунсенче Буденный ячĕпе тăракан колхоз хорĕ смотрта пулчĕ. Ку хор кăçал 20 çул тултарать, ăна В. Русков юлташ ертсе пырать. Хорта колхоз производствинче малта пыракан 26 колхозник тăрать. Репертуарта çĕнĕ юрăсем нумай. Вăл шутра «Эпир миршĕн» ятлă музыкăпа литература монтажĕ пур.

Киров ячĕпе тăракан колхоз хорĕ — таврари паллă хорсенчен пĕри. Ку хор Совет влаçĕн малтанхи çулĕсенчен пуçласах ĕçлет. Хор çак кунсенче смотрта пулчĕ. Çитмĕл çултан иртнĕ П. Трофимов колхозник ертсе пыракан хор совет композиторĕсен, Совет Союзĕнчи халăхсен юррисене ăста юрларĕ.

Я. СИГАЕВ.

## ВЛКСМ Чăваш обкомĕн II-мĕш пленумĕ

Çак кунсенче ВЛКСМ Чăваш обкомĕн II-мĕш пленумĕ пулса иртрĕ.

Халăхсен юратнă учителĕпе çулпуçĕн, совет çамрăкĕсен чи лайăх тусĕн Иосиф Виссарионович Сталинăн çутă ятне пленум участникĕсем ура çине тăрса хисеп турĕç.

Ун хыççăн пленума пухăннисем ура çине тăрса Чехословаки халăхĕсен çулпуçĕпе учительне Клемент Готвальда хисеплерĕç.

«Республикăри комсомол организацийĕнче КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе материалĕсене пропагандăласси мĕнле пулса пыни çинчен тата çак ĕçе лайăхлатмалли мерăсем çинчен» ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ **А. И. Иванов** юлташ доклад туса пачĕ.

Çамрăксемпе комсомолецсен политикăллă вĕренĕвне çĕнĕ программа тăрăх йĕркелес тĕлĕшпе ВЛКСМ обкомĕн бюровĕ, райкомсемпе хула комитечĕсем чылай мерăсем йышăнчĕç. Вĕренĕве пурĕ 47 пин комсомолецпа çамрăка хутшăнтарнă.

Çапах та çамрăксем хушшинче идеологиллĕ ĕçре çитменлĕхсем нумай-ха. Республикăра комсомолецсемпе çамрăксен 79 политкружокĕ çĕнĕ программăна вĕренме тытăнман. Уйрăмах Çĕмĕрле районĕнчи чылай кружоксем çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Ку районти 10 кружокра XIX-мĕш съезд материалĕсене халĕ те вĕренме тытăнман. Çамрăксене воспитани парасси Шăхасан, Сĕнтĕрвăрри, Первомайски районĕсенче те çителĕксĕр пулса пырать.

ВЛКСМ хăшпĕр райкомĕсем пропагандистсемпе консультантсем суйласа илсе, вĕсене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарас тата воспитани парас тĕлĕшпе халĕ те кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Çавна пула хăшпĕр пропагандистсен пĕлĕвĕсем çителĕксĕр. Сăмахран, Çĕмĕрле районĕнче вăтам шкултан вĕренсе тухайман 20 çын пропагандистсем пулса ĕçлеççĕ.

Пропагандистсемпе çителĕксĕр ĕçленипе пула, Чурачăк, Хĕрлĕ Чутай тата ытти районсенчи политкружоксенче занятисем идея тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр тата кичем иртеççĕ. Хăшпĕр пропагандистсем историллĕ фактсене пăсса кăтартаççĕ, йăнăшсем тăваççĕ.

Комсомолăн хăшпĕр работникĕсем хăйсен идейăллă-политикăллă пĕлĕвĕсене ӳстересси çине çителĕксĕр пăхаççĕ. ВЛКСМ Хĕрлĕ Чутай райкомĕн иккĕмĕш секретарĕ пулса ĕçленĕ Данилов юлташ, сăмахран, хăйĕн политикăллă пĕлĕвĕсене ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлемен, çамрăксенчен уйрăлса кайнă, хăйне хушнă ĕçшĕн ответлăха туйма пăрахнă, йăлара йĕркесĕр тытнă. ВЛКСМ Красноармейски райкомĕн учетпа статистика секторĕн заведующийĕ Баранов юлташ комсомол укçи-тенкине хăй кĕсйине чикнĕ. ВЛКСМ обкомĕн бюровĕ Даниловпа Баранов юлташсене ĕçрен хăтарса комсомолран кăларчĕ.

Аслă шкулсемпе техникумсенчи комсомол организацийĕсем студентсемпе вĕренекенсене съезд решенийĕсемпе материалĕсене ăнлантарса парас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Хăшпĕр аслă шкулсемпе техникумсенчи студентсем обществăллă наукăсене çителĕксĕр вĕренеççĕ, марксизм-ленинизм никĕсĕсем тĕлĕшпе пулакан семинарсене япăх хатĕрленеççĕ, тепĕр чухне вĕсене сиктерсе хăвараççĕ.

Çамрăксем хушшинчи идеологиллĕ ĕçри çитменлĕхсемшĕн чи малтанах ВЛКСМ обкомĕ, унăн пропагандăпа агитаци пайĕ айăплă. ВЛКСМ обкомĕ ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме кирлĕ мерăсем йышăнман, идеологиллĕ ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе райкомсемпе хула комитечĕсене сахал пулăшать. ВЛКСМ обкомĕн секретарĕсем Паскудинпа Андреева юлташсем политкружоксен занятийĕсенче сайра хутра пулаççĕ, докладсемпе лекцисем сахал туса параççĕ.

Доклад тăрăх пренире 14 çын тухса каларĕ.

ВЛКСМ Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ **Алфер** юлташ хулари çамрăксем хушшинче идеологиллĕ ĕç мĕнле пулса пыни çинчен каларĕ.

ВЛКСМ Сĕрпӳ райкомĕн секретарĕ **Воротников** юлташ ВЛКСМ обкомне критиклерĕ. ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ Кудряшов юлташ пире лекцисемпе докладсем çырса хатĕрлеме хушать, анчах ВЛКСМ обкомĕн секретарĕсем хăйсем çак ĕçе хаклаççĕ, çамрăксене лекцисем сахал туса параççĕ, терĕ вăл.

ВЛКСМ Ишлей райкомĕн секретарĕ **Михайлов** юлташ Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен управленине критиклерĕ. Управлени клубсен, хĕрлĕ кĕтессен, вулав çурчĕсен ĕçне лайăхлатма кирлĕ мерăсем йышăнмасть.

Куславккари çутĕсем тăвакан заводри ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ **Скворцов** юлташ каланă тăрăх, каçхи вăтам шкулăн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Преподавательсем час-часах улшăнаççĕ, завод руководителĕсем çамрăксене вĕренме условисем туса памаççĕ.

Çамрăксен театрĕн главнăй режиссерĕ **Романов** юлташ ВЛКСМ обкомĕ театрсен ĕçне çителĕксĕр ертсе пынине палăртрĕ.

Канашри учительски институтри ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ **Выростайкин** юлташ Чăваш совет писателĕсен Союзĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртрĕ. Писательсемпе поэтсем вырăнсене сахал тухса çӳреççĕ, литературăпа интересленекен çамрăксене пулăшу памаççĕ.

Пленум ĕçне КПСС обкомĕн секретарĕ **Н. А. Шмаков** юлташ хутшăнчĕ. Вăл республикăри комсомол организацийĕсен задачисем çинчен сăмах тухса каларĕ.

Пленум çавăн пекех организациллĕ ыйтусем пăхса тухса решенисем йышăнчĕ.

## Бразилире И. В. Сталин Сочиненийĕсене пичетлесе кăлараççĕ

МОНТЕВИДЕО, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Бразилире тухса тăракан «Импренса популар» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Бразилири «Витория лимитада» издательстви И. В. Сталин Сочиненийĕсен иккĕмĕш томне португали чĕлхипе пичетлесе кăларнă. Çитес çывăх вăхăтра виççĕмĕш том пичетленсе тухать.

Сталин юлташăн ĕçĕсене массăллăн вĕренме издательство магазинĕ И. В. Сталин произведенийĕсен серине хатĕрленĕ. Çак кĕнекесен серине «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем», Сочиненисен пĕрремĕшпе иккĕмĕш томĕсем, суйлавçăсем умĕнче каланă сăмахсем, Кĕске биографи тата ыттисем те кĕреççĕ.

«Импренса популар» тата «Нотисиас де оже» хаçатсем И. В. Сталинăн Кĕске биографине пичетлеме тытăннă.

## *Франци халăхĕ хушшинче вăйлă протест юхăмĕ ӳссе пырать*

ПАРИЖ, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат правительство çĕршыври демократиллĕ деятельсене хĕсĕрленине хирĕç протестлесе ĕнер рабочисемпе служащисем ĕç пăрахнă предприятисен пысăк списокне пичетлесе кăларнă. Нумай предприятисенче забастовкăна 80 процентран пуçласа 100 процент таран ĕççыннисем хутшăнаççĕ.

Ĕнер Париж университетĕнче вĕренекен студентсем 600 çын ытла Сен-Мишель бульварĕнче демонстраци организациленĕ. Демонстраци «Ле Леапа Андрэ Стиле ирĕк парăр!», «Фашизм пуçне çĕклеймĕ!» текен лозунгпа иртнĕ. Демонстрантсем çине полици тапăннă. Темиçе студента арестленĕ.

Демократиллĕ хаçатсенче Сена департаментĕнчи халăх пулăшăвĕн обществи, «Халăха ирĕке кăларассишĕн кĕрешекен юхăм» организацийĕсем, «Çамрăк республика» (католик çамрăкĕсен сулахай организацийĕ) тата ытти прогрессивлă организацисем Ле Леапа Андрэ Стиле тата ытти патриотсене ирĕке кăларассишĕн чĕнсе йышăннă резолюцисене, чĕнӳсен тексчĕсене пичетлесе кăларнă. Полици хĕсĕрленине чарса лартма ыйтса республика президенчĕ, министрсен совечĕ, Парижри çар трибуналĕ çумĕнчи суд следователĕсен ячĕпе нумай çырусем, телеграммăсем, петицисем пыраççĕ.

Республика ирĕклĕхне хӳтĕлеме тата миршĕн кĕрешекенсене ирĕке кăларма ыйтса, наука, искусство, литература деятелĕсем тата тĕн деятелĕсем демократиллĕ хаçатсем çинче заявленисем пичетлесе кăлараççĕ.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Ален Ле Леап тата Францири çамрăк республиканецсен союзĕн руководителĕсем Парижри апеляци сучĕн следстви палатине хăйсене вăхăтлăха ирĕке кăларма ыйтса заявлени панă.

## ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

*Политикăллă комитетра*

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Политикăллă комитетăн ĕнерхи кăнтăрлахи ларăвĕнче Пĕрлешӳллĕ Штатсем ытти государствăсен шалти ĕçне хутшăнни çинчен Чехословаки делегацийĕ тăратнă резолюци проектне сасăланă.

СССР, Польша, УССР, Чехословаки тата БССР представителĕсем Чехословаки тăратнă резолюци проекчĕшĕн сасăланă. 41 çĕршыв делегачĕсем, вăл шутра США, Англи, Франци делегачĕсем, çак проекта хирĕç сасăланă. 14 çĕршыв представителĕсем (Инди, Индонези, Иран, Ирак, Ливан, Пакистан, Саудовски Арави, Сири, Иемен, Афганистан, Бирма, Египет, Аргентина тата Гватемала) нихăш майлă та сасăламан.

Араб çĕршывĕсемпе Ази çĕршывĕсен представителĕсем, вăл шутра Иранпа Сири представителĕсем, хăйсем мĕнле сăлтав пирки сасăламанни çинчен тухса каласа, вĕсем Чехословаки резолюци проекчĕшĕн сасăламасăр тăни вăл пĕр çĕршывсем ытти çĕршывсен шалти ĕçĕсене хутшăнассине сивлеменнине пĕлтермест, тесе кăтартса панă. Араб çĕршывĕсен представителĕсем, вăл шутра Сирипе Ирак представителĕсем хăйсен сăмахĕсенче, ытти çĕршывсен шалти ĕçĕсене сĕмсĕррĕн хутшăннине тата террористла ĕçсем тунине кăтартакан формăсенчен пĕри вăл Израиль влаçĕсем ертсе пыракан сионистла юхăм пулать, тесе кăтартса панă. Сири делегачĕ сионистсем мирлĕ араб гражданĕсене пиншер çынна, йывăр çын араб хĕрарăмĕсене çĕршер çынна вĕлернине палăртнă.

Гватемала представителĕ çапла каланă: Гватемала правительстви пĕр çĕршывсем урăх çĕршывсен ĕçĕсене хутшăннине тăтăклăн сивлет. Вăл çавăн пекех Америка дипломачĕсенчен пĕри Брэден нумаях пулмасть Гватемалăн шалти ĕçĕсене хутшăнма чĕннине аса илтернĕ.

## Араб государствисен представителĕсем ООН Генеральнăй Ассамблейин председателĕ патне янă çыру

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕрлешнĕ нацисен организацийĕн секретариачĕ араб государствисен представителĕсем ООН Генеральнăй Ассамблейин председателĕ патне мартăн 16-мĕшĕнче янă çырусен текстне хаçатсенче пичетлеме панă.

Араб государствисен представителĕсен пĕр çырăвĕнче Ассамблея председателĕнчен Франци правительствине Тунис националисчĕсене хĕсĕрлеме чарăнма тата Тунисра тискер ĕçсем тума пăрахма хушма ыйтаççĕ.

Тепĕр çырура Марокко тĕлĕшпе çавăн пек тума ыйтнă.

Кашни çыру çумне меморандум хушса çырнă. Унта Франци правительстви тăвакан репрессисем çинчен тата Франци колонизаторĕсем тăвакан террор çинчен каласа панă.

## Англипе Египет хушшинчи хирĕçӳсем вăйланса пыни

КАИР, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Египет премьер-министрĕ Нагиб нумаях пулмасть Англин Суданри администрацине 1953 çулхи февралĕн 12-мĕшĕнче Судан ыйтăвĕ тăрăх Англипе Египет хушшинче йышăннă килĕшĕве пăснăшăн айăпласа каланă. Çак килĕшӳ тăрăх виçĕ çултан Судана никама пăхăнманлăх прави памалла. Çак хирĕçӳ Суданри Египет майлă тăракан деятельсене влаçсем хĕсĕрлени çинчен тăракан ыйтăва йĕрлеме Египет правительстви уйăрнă юристсене Англин Суданри генерал-губернаторĕ Хау Кăнтăр Судана пыма ирĕк паман пирки тухнă.

Мартăн 19-мĕшĕнче Египет правительстви «ĕçсене вырăнта тĕпчесе пĕлме» тата Англипе Египет хушшинчи хирĕçӳсене пĕтерме хăйĕн представительне Салах Салем майора янă. Тепĕр кунне Хартум хулине Англин ют çĕршыв ĕçĕсен государство министрĕ Селвин Ллойд пырса çитнĕ. Анчах та, Египет хаçачĕсем пĕлтернĕ тăрăх, Салемпа Ллойд хушшинче пынă калаçу нимĕнле килĕшӳ патне те илсе пыма пултарайман.

Тата та ытларах, Салах Салем генерал Нагиба пĕлтернĕ тăрăх, Англи Судан çинчен йышăннă килĕшĕве çĕнĕрен пăснă. Хаçатсем çырнă тăрăх, Судан генерал-губернаторĕ Хау çаплах 1922 çулта Судана икĕ пая—кăнтăр тата çурçĕр пайне уйăрасси çинчен йышăннă постановлени тăрăх декретсем кăларать. Ку постановление Египет тахçанах пăрахăçа кăларнă ĕнтĕ. Уйрăммăн илсен, Салах Салем «Аль-Мысри» хаçат корреспондентне çапла пĕлтернĕ: Хау провинцисен губернаторĕсене «запретнăй зона» текен вырăнсене Англи чиновникĕсемсĕр пуçне урăх никама та кĕртме ирĕк памалла мар, тесе хушнă. «Запретнăй зона» шутне пĕтĕм Кăнтăр Судан тата Çурçĕр Суданăн хăшпĕр провинцийĕсем кĕреççĕ.

Англи администрацийĕ çакнашкал хăтланнипе, тенĕ Салах Салем, «Кăнтăр Судана Çурçĕр Суданран пĕтĕмпех уйăрма» шутлать.

Суэц каналĕн зонинчен Англи çарĕсене илсе тухасси çинчен тăракан ыйту пирки Англипе Египет хушшинчи хирĕçӳсем сивĕчленсе çитнĕ май, хаçатсем «Судан ыйтăвĕ тăрăх Англипе Египет хушшинче пыракан хирĕçӳсем çине уйрăмах тимлĕн пăхаççĕ».

ПАРИЖ, мартăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Англин ют çĕршыв ĕçĕсен государство министрĕ Ллойд Хартумра ирттернĕ пресс-конференцире çапла каланă: виçĕ çултан «никама пăхăнманлăх» прави илнĕ хыççăн Судана, Индипе Пакистан пекех, Британи империне кĕме чăрмантаракан нимĕнле сăлтав та çук.

## Итали правительстви депутатсен палатинче поражени тӳснĕ

РИМ, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Италири депутатсен палати фашистсен пуçлăхĕсене активлă тата пассивлă суйлав прависĕр хăварасси çинчен калакан закон вăйне тата тепĕр пилĕк çуллăха тăсасси çинчен хатĕрленĕ закон проектне йышăннă. Çак закон проектне йышăнассишĕн 259 сасă пулнă. Ăна хирĕç 243 депутат сасăланă, пĕри нихăш майлă та сасăламан. Итали правительстви пысăк поражени тӳсни çакăнтан та паллă: «Унита» хаçат палăртнă тăрăх, христианла демократсен партийĕн секретарĕ Гонелла хăйĕн партийĕн депутачĕсене çак закон проектне сирсе ямалла тăвассишĕн сасăлама пур майсемпе те хĕснĕ. Çак тĕлĕвпе закон проектне уйрăм статьясем тăрăх сасăланă чухне Римра пулман христианла демократсен партийĕн депутачĕсене 90 çынна ытла Рима чĕнсе илнĕ.

## Болгарире В. И. Ленин Сочиненийĕсен XIX томне пичетлесе кăларнă

СОФИЯ, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири Коммунистсен партийĕн издательстви В. И. Ленин Сочиненийĕсен XIX-мĕш томне пичетлесе кăларнă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Санихобан районĕнче тăшмана хирĕç оборонăра тăрса çапăçаççĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсемпе тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ.

## Америка агрессорĕсем тыткăнри çар çыннисене асаплантараççĕ

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин Пусанри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, мартăн 23-мĕшĕпе 24-мĕшĕнче, наркăмăшлă газсемпе усă курса тата пăшалтан персе, Америка çарĕсем Кочжедо, Понган тата Иончходо утравĕсем çинчи лагерьсенче тыткăнри çар çыннисен пăлхавĕсене путарса лартнă. Америка командованийĕ пĕлтернĕ тăрăх, 3 салтака амантнă, 1.000 çынна кууçуль юхтаракан тата хăстаракан газсем ярса минретнĕ.

### ГОМИНДАН БАНДИСЕНЕ ХИРĔÇ ПЫРАКАН ÇАПĂÇУСЕМ

ЛОНДОН, мартăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Рангунран пĕлтернĕ тăрăх, Бирма çарĕсем март уйăхĕн малтанхи кунĕсенче Чан Кай-шин Бирмăри бандисене хирĕç наступлени тума тытăннă пулнă. Бирма çарĕсем, Чан Кай-ши бандисене хирĕç çапăçса, Салуэн юханшывĕн вăтам пайне пĕтĕмпех тăшманран тасатнă.

Бирма çарĕсем Кеси-Мансамран наступлени пуçласа 200 километр ытла малалла кайнă, Монг-Хоу княжествине чанкайшистсенчен тасатнă хыççăн, Салуэн юханшывĕн сылтăм çыранĕ патне çитнĕ.

### ПĔТĔМ ИНДИРИ МИР СОВЕЧĔН ПРЕДСЕДАТЕЛĔ КИТЧЛУ ДОКТОР ЛАХОР ХУЛИНЧЕ ТУХСА КАЛАНИ

КАРАЧИ, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Пакистан таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Совет Союзĕнчен Индие таврăнма тухнă Пĕтĕм Инди Мир Совечĕн председателĕ Китчлу доктор Лахор хулинче пулнă митингра сăмах тухса каланă. Совет Союзĕнче пулнă хыççăн тата Таджик Советлă Республикинче пулса курнă хыççăн, тенĕ Китчлу, çакăн пек вывод патне пырса тухрăм: «Совет Союзĕнче мусульмансем тĕн йĕрки тытас тĕлĕшпе тата ытти правăсемпе, прĕклĕхсемпе государствăри ытти мĕнпур граждансемпе пĕр тан усă кураççĕ».

Китчлу çакăн пекех: Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики вăрçă вăрçасшăн мар, мĕншĕн тесен вĕсем мирлĕ строительствăна тытăннă, тенĕ.

## Албанире Греци шпионĕсем пирки йышăннă приговор

ТИРАНА, мартăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Эрсек хулинче çак кунсенче Греци разведкин заданийĕ тăрăх Албани территорийĕнче сăтăрла ĕçсем туса пурăннă шпионсен ушкăнĕн ĕçне пăхса тухса пĕтернĕ.

Айăпланакан Сельфо Аслани каласа панă тăрăх, çак сăтăрçăсем шпионла заданисене пурнăçланă вăхăтрах, диверсиллĕ ĕçсем тума, партипе государствăн деятелĕсене вĕлерме хатĕрленнĕ. Айăпланакансем хăйсен айăпĕсене йышăннă.

Албани верховнăй сучĕн çар коллегийĕ икĕ преступника—шайка пуçлăхне Абдула Зотона тата унăн çывăх çыннине Тахир Калона вĕлермелле тунă. Ыттисене 12 çултан пуçласа 25 çул таран тĕрмере хупса усрамалла тунă.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01051 Типография №1 Чувашполиграфиздата Тираж 20.000 экз.